им. М. Горького
№

ПЕТЕМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Октябрь
3
ШăМАТКУН
№ 193 (9102)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.



## Вырьăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлăн аталантарассишĕн

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире колхозсемпе совхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлăн çĕклеме кирлине уйрăмах хытă асăрхаттарнă. Постановлени çапла кăтартса парать: «Халăхи вăхăтра, халăх хуçалăхĕ çĕнĕ тата çỹлĕрех пусăма çĕкленнĕ вăхăтра, халăха выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем нихçанхинчен те ытларах кирлĕ чухне, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç нумай вăхăтчен юлса пыни ĕçсыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатас, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне аталантарас ĕçре питех те пысăк чăрмав пулса тăчĕ». КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленире обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлăн аталантармалли аслă программăна палăртса панă. «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, чи малтан обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт вăйлатасси çĕршыв пурнăçĕнче чи пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать, халĕ вăл ялхуçалăхĕ енĕпе партипе правительствăн вăраха ямасăр татса памалли задачи пулса тăрать», тесе кăтартса панă пленум решенийĕнче.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленипе пĕтĕмĕшпех килĕштерсе, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ нумаях пулмасть «Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозсен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен» постановлени йышăнчĕç. Çак постановленире выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç тỹсме çук юлса пынине пĕтермелли çул-йĕре тĕплĕн кăтартса панă, аш-какай, çăм, сĕт-çу, çăмарта тата ытти продуктсем туса илессине çĕклеме çирĕп мерăсем палăртнă.

Партипе Правительство пирĕн çĕршывра майракаллă шултра выльăхсен шутне 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 65,9 миллион пуçа çитерме йышăнчĕç. 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне ĕнесем 29,2 миллион пуç, сурăхсемпе качакасем 144,4 миллион пуç, сыснасем 34,5 миллион пуç пулмалла. 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне колхозсем пĕрчĕллĕ тырăсем акса тăвакан кашни 100 гектар пуçне çăмарта тăвакан чăхсене 100—200 пуçран кая мар тытмалла. 1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшне çитиччен колхозсен фермисенче кашни ĕнерен вăтам шутпа 1400 килограмран кая мар сĕт сумалла. Постановленире çавăн пекех сурăхсенчен çăм касса илмелли тата выльăхсене самăртмалли заданисене те кăтартса панă.

Выльăхсен шутне ỹстермелли тата вĕсен тухăçлăхне нумайлатмалли заданисене çирĕплетнипе пĕр вăхăтрах, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалли, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре колхозсемпе колхозниксен интересĕсене çĕклемелли, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн материаллă-техникăлла никĕсне çирĕплетмелли мерăсене те кăтартса пачĕç. Партипе Правительство колхозсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене пĕчĕклетрĕç, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсен хатĕрлев хакĕсене пысăклатрĕç. ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апатсем акса тăвас, çурт-йĕрсем лартас, выльăх-чĕрлĕх фермисенчи нумай вăй ыйтакан ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем туса иртерме палăртрĕç.

Партипе Правительство йышăннă çак Постановлени пурнăçа кĕртни хамăрăн Тăван çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк ситĕнỹ туни, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çĕнĕ пусăма çĕклени пулать.

Пирĕн республикăри нумай колхозсем юлашки çулсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре ситĕнỹсем турĕç. Çавăн пек колхозсен шутне Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоза, Улатăр районĕнчи «Победа» колхоза, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоза, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоза кĕртме пулать. Çапах та, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç республикăра юлса пырать-ха. Ялхуçалăх производствинче пите те кирлĕ тата пысăк пĕлтерĕшлĕ çак отрасль халĕ те нумай колхозсенче пысăк тупăш паракан отрасль пулса тăрайман, унăн таварлă продукцийĕ ытла та пĕчĕккĕ-ха. Выльăх апачĕ сахал хатĕрленине пула, уйрăмах сĕтеклĕ апатсем тата тырă çитменнине пула, выльăхсем валли çуртйĕр сахал тунине пула, пирĕн колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх халĕ те пысăк тăкаксем тỹсет тата унăн тухăçлăхĕ те питĕ майĕпен ỹсет. 1952 çулта республикăри 37 колхозра ĕнесенчен 400-шер килограмм кăна сĕт суса илнĕ.

Республикăри парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ертсе пырассине тĕпренех вăйлатма тивĕçлĕ, çак ответлă та кăткăс ĕçри йĕркесĕрлĕхсене пĕтермелле.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынине хăвăртрах пĕтерме выльăхсене хĕлле лайăх пăхса усрани кирлĕ. Выльăхсене хĕлле лайăх пăхса усрасси—пысăк та йывăр ĕç. Çак ĕçе лайăх иртерес тесен выльăхсем валли апат çителĕклĕ хатĕрлемелле, витесене юсаса ăшăтмалла. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсем выльăхсене хĕллехи вăхăтра тутă ситерсе усрас ĕçе уйрăмах лайăх организацилессĕ. Выльăхсем тулли ỹт-пỹллĕ пуласси, продукци нумай парасси, выльăхсем тĕрĕс-тĕкĕл пуласси вăл фермăсем валли тĕрлĕ апат çителĕклĕ хатĕрлесе хунинчен, апата выльăхсене куллен тĕрĕс ситерсе тăнинчен килет. Çакăн пек туса, малта пыракан колхозниксем выльăхсен тухăçлăхне уйăхран уйăха, çултан çула ỹстерсе пыраççĕ, выльăхсене йышлă ĕрчетеççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ выльăх апатне çителĕклĕ хатĕрлес тĕлĕшпе пур майсене те йышăнмалла.

Анчах республикăри нумай колхозсенче выльăхсем валли апат çителĕклĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕç начар пырать-ха. Хĕрлĕ Чутай, Кувакино, Тăвай районĕсенче выльăхсем валли шултра апат кирлинчен 50 процент чухлĕ кăна пухса хатĕрленĕ. Улатăр, Кувакино, Сĕнтĕрвăрри, Советски, Етĕрне тата ытти хăшпĕр районсенче силос хатĕрлес тĕлĕшпе тỹсме çук япăх ĕçлеççĕ. Чи çывăх кунсенчех уй-хирсенче сапаланса выртакан улăма пухса кĕртмелле, çарансенчи тата акнă курăксене иккĕмĕш хут çулса пухмалла, силос хывмалли плана кашни колхоз, район тăрăх тултармалла.

Выльăхсене хĕл каçарма лайăх условисем тăвас тени вăл лайăх витесем хатĕрлессине пĕлтерет. Ăшă, çутă тата типĕ вите выльăхшăн паха апат пекех кирлĕ. Çĕнĕрен тума тытăннă витесене халех туса пĕтермелле, юсамаллисене юсаса ăшăтмалла.

Октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлесе хунине, витесене йĕркелесе çитернине тĕрĕслесе тухмалла. Палăрнă ситменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе выльăх пăхакансен кадрĕсене çителĕклĕ хатĕрлени пысăк вырăн йышăнать. Хăшпĕр фермăсенче выльăх пăхакансем ỹрĕк-сỹрĕк ĕçлеççĕ, выльăхсене пăхмалли, тăрантармалли правилăсене лайăх пĕлмеççĕ. Фермăсенче ĕçлеме пултаруллă та пуçаруллă колхозниксене уйăрса çирĕплетмелле. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе зоотехника науки кăтартнă пек туса пыма тăрăшчăр. Çавăнпа та 3 çул вĕренмелли зоотехника курсĕсен ĕçне лайăх йĕркелемелле, занятисене пысăк пахалăхпа иртермелле. Фермăсенчи ĕçе лайăх йĕркелеме тăрăшмалла, обезличкăна пĕтермелле.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача вăл—ама выльăхсен шутне ỹстерессипулать. Çакă ĕнтĕ выльăх-чĕрлĕх хисепне ỹстермелли тĕп май пулса тăрать. Майракаллă шултра выльăх хисепĕнче ситес çулсенчех ĕнесен шучĕ 50 процентран кая мар пулмалла. Ĕнесем хĕсĕр юлассине пĕтĕмпех пĕтерме тăрăшас пулать. Çамрăк выльăхсене пурне те пăхса çитĕнтермелле.

Партипе Правительство лартнă задачăна пĕтĕмпех пурнăçламалла. Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ертсе пырассине хăйсен аллине илмелле. Мĕншĕн тесен обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç ялхуçалăхĕн чи кăткăс отраслĕ пулса тăрать, уншăн куллен тăрăшни, ун çине тимлĕн пăхни, ăна квалификациллĕн ертсе пыни кирлĕ.

## Колхозсем ăратлă выльăх туянаççĕ

ВОЛХОВ (Орел облаçĕ), октябрĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Волховри симментальски ăратлă ĕне выльăх ĕрчетекен государство рассаднийĕ çĕршыври колхозсене сутма ăратлă пăрусем нумай пăхса ỹстерет.

Кăçал рассадник Орел, Тула, Пенза облаçĕсенчи колхозсене 300 яхăн ăратлă пăрусем сутнă. Волхов рассаднике ĕрчетекен пăрусем лайăх ситĕнеççĕ. Вĕсем талăкра 980 грамм таран хутшăнса пыраççĕ.

# Социализмла ялхуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн çĕклентерессишĕн тăрăшса ĕçлер!

### Агитаторсем ĕçре

КАЛИНИНО. «Новый путь» колхозри агитколлектив 20 агитатора пĕрлештерсе тăрать. Агитаторсем пулса коммунистсемпе комсомолецсем тата ялти активистсем ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче ăнлантару ĕçне анлăн туса пыраççĕ.

Н. Платонов коммунист чылайранпа сысна фермиче агитатор пулса ĕçлет. Ферма работникĕсем агитаторăн витĕмлĕ сăмахĕсене яланах хапăл туса йышăнаççĕ. Çак кунсенче вăл фермăра ĕçлекенсене КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕпе паллаштарчĕ.

Çак чуна хавхалантаракан постановлени çинчен кашни колхозник пĕлме тăрăшать. Ĕçрен пушаннă вăхăтсенче ялти клуба колхозниксем йышлăн пухăнаççĕ. Радио тăрăх паракан çĕнĕ хыпарсене итлесе, хаçатсем вуласа, партин историллĕ решенийĕпе паллашаççĕ. Клубра кашни каçах лекцисемпе докладсем пулаççĕ.

1-мĕш уй-хир бригадин бригадирĕ А. Ильин комсомолец хăйĕн бригадинчи колхозниксем валли КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕ çинчен 3 калаçу иртерчĕ.

**Н. КУРЦОВ.**

* * *

ÇĔРПỸ. «Родина» колхозри агитколлективра пурĕ 15 агитатор шутланса тăрать. Халĕ вĕсем колхозниксем хушшинче КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕнче СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада тата доклад тăрăх пленум йышăннă постановление ăнлантараççĕ. Кашни агитатора 10—12-шер кил çумне çирĕплетнĕ. Вĕсем хăйсен участокĕнчи колхозниксене малтан Н. С. Хрущев юлташ докладне вуласа пàраççĕ, ыйтусене ответлеççĕ. Ун хыççăн постановление ăнлантарса параççĕ.

Колхозниксем агитаторсене хаваслăн итлеççĕ. А. Платонов, Е. Васильев юлташсем 2—3-шер калаçу иртерчĕç ĕнтĕ.

**С. НИКИФОРОВ.**

Партипе правительство ялхуçалăхне малалла вăйлатасси çинчен йышăннă решенисене колхозниксемпе колхозницăсем чунтан ырласа кĕтсе илчĕç.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Ишлей районĕнчи «Знамя коммунизма» колхозри сысна фермин заведующийĕ М. Е. Романов юлташ çĕнĕ постановление фермăра ĕçлекенсене вуласа парать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоỹкерчĕкĕ.

## МАЛТА ПЫРАКАН КОЛХОЗРА

«Правда» ялхуçалăх артелĕ—Элĕк районĕнче малта пыракан колхозсенчен пĕри. Колхоз ĕçченĕсем халĕ, мĕнпур совет çыннисемпе пĕрле, савăнăçлă кунсем пурăнса ирттереççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени колхозниксене пысăк хастарлăхпа ĕçлеме хавхалантарать.

Колхозри уй-хир бригадисем авăн çапса пĕтернĕ, вăрлăх хывса çитернĕ. Çак ĕçсене кăçал пĕлтĕрхинчен пĕр уйăх малтан вĕçленĕ.

Кĕртырри калчисем патвар ỹсеççĕ. Калчана пĕрчĕлетнĕ суперфосфат çителĕклĕ сапса панă. Çĕртме уйне тислĕк чылай тăкнă. Колхоз 300 гектар ытла çĕр синче кĕрхи çĕртме туса хăварчĕ. Çĕртмене пĕлтĕрхинчен икĕ эрне малтан тунă. Колхозниксем обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли утă-улăм, тĕштырăпа тымарçимĕçсем çителĕклĕ хатĕрлесе хунă. Кашни ĕне валли 6 тонна силос хатĕрленĕ.

— Эпир тата лайăхрах ĕçлеме пултарнă,—каласа парать колхоз председателĕ С. Шлябин юлташ.—Сăмахран, В. Лошкова доярка хăй пăхакан кашни ĕнерен сакăр уйăхра 1.400 литр сĕт суса илчĕ, колхозĕпе 1.080 литр кăна илнĕ. Малта пыракан доярка пек ĕçлеме пулнă-и? Паллах, пулнă. Çавăн пек ĕçлеменнине пула 15 пин литр сĕт çухатрăмăр. Пирĕн фермăра ĕне выльăх 204 пуç шутланать, вăл шутра пăрулан ĕнесем 56 пуç кăна. Ĕнесен хисепне, Н. С. Хрущев юлташ каланă пек, мĕнпур кĕтĕвĕн 50 процентчĕ чухлĕ ỹстернĕ пулсан, татах 80—90 пин литра яхăн сĕт суса илме пултарнă. Çапла тума май пур. Курăксем ытларах акмалла, силос хывмалла. Çĕрулмипе тымарçимĕçсем лартмалла. Килес çул ĕнесен хисепне çав шута çитеретпĕр.

Колхоз кăçал государствăна ялхуçалăх продукчĕсем чылай сутать. 20 пин литр сĕт сутса автомашина туяннă. Çĕнĕ çул тĕлне государствăна тата çавăн чухлĕ сĕт сутма палăртнă. Уншăн колхоз суртсем çине витмелли материалсем туянасшăн.

**Н. ОРЛОВ.**
(Хамăр корр.).

### Механизаторсем пулаççĕ

ЧУРАЧĂК. МТС директорĕн кабинетне çар тумне тăхăннă çамрăк çын пырса кĕчĕ.

— Николай Семенов, Паваркассинчи «Слава» колхоз членĕ,—паллаштарчĕ вăл хăйĕнпе.—Сирĕн пата пысăк ыйтупа килтĕм.

Семенов юлташ механизаторсен курсĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн трактор тата комбайн çинче ĕçленĕ. Унтан Совет Çарĕнче пулнă, авиаци чаçĕнче механик пулса пурăннă. Нумаях та пулмасть Семенов юлташ çар ретĕнчен килне таврăннă.

— Эпĕ промышленность предприятине кайма шутланăччĕ,—терĕ вăл.—Анчах, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ социализмла ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановленипе паллашрăм та, каллех МТС-а таврăнма шут тытрăм. Мана трактор бригадине яма ыйтатăп.

Дирекци, Семенов юлташăн ыйтăвне тивĕçтерсе, ăна 6-мĕш трактор бригадине яма йышăнчĕ.

Çак кунсенче МТС дирекцийĕн кантурне нумай çынсем килсе каяççĕ. МТС-ран тĕрлĕ сăлтавсемпе тухса кайнă трактористсемпе комбайнерсем хăйсем çак хисеплĕ ĕçе каялла таврăнма шутлани çинчен пĕлтереççĕ. Механизаторсен училищине вĕренме яма ыйтакан çамрăксем тата нумайрах.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕ комсомолец Евгений Веселов кăçал хăйсен колхозĕнче прицепщик пулса ĕçленĕ. Вăл хăйĕн заявленийĕнче çапла çырать:

— Пирĕн колхозăн уй-хирĕсенче трактор бригади ĕçлет, анчах бригадăра пирĕн ял колхозникĕсенчен пĕр çын та çук. Çакна эпĕ пысăк çитменлĕх тесе шутлатăп. Прицепщикра ĕçлесе эпĕ трактора юраха ситрĕм, анчах ун çинче ĕçлеме пĕлỹ çитмест. Çавăнпа та мана вĕренме яма ыйтатăп.

Дирекци, çитес вăхăтра механизаторсене вĕренме пухасси çинчен пĕлтерсенех, Веселов юлташăн ыйтăвне тивĕçтерме пулчĕ.

**Н. ВОЛКОВ.**
( Хамăр корр.).

# ОКТЯБРЬ УЯВĔ УМĔНХИ ĂМĂРТУ

### Çулталăкри плана—декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне

Шупашкарти макарон фабрикин коллективĕ, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсемпе хавхаланса, ĕçри хастарлăха татах ỹстерчĕ. Коллектив продукци ытларах туса кăларассишĕн куллен тăрăшать. Фабрика иртнĕ уйăхри производство планне 120 процент ытла тултарнă, планран иртерсе 347 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Уяв умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, пур цехсенче ĕçлекенсем те çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ. Фабрика коллективĕ çулталăкри производство планне Сталинла Конституци кунĕ—декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне чылай ỹстерме, планран иртерсе темиçе пин тенкĕлĕх продукци туса кăларма пулнă. Рабочисемпе работницăсем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

### *Перекетлĕхшĕн кĕрешсе*

УЛАТĂР. Пăравуссем юсакан заводăн чылай цехĕсем иртнĕ уйăхри производство планне иртерсе пурнăçларĕç. Унсăр пуçне котельнăй, тендернăй тата сборочнăй цехсен коллективĕсем государство укçине перекетлес тĕлĕшпе паха ситĕнỹ турĕç.

Сборочнăй цехра ĕçлекенсем тĕрлĕ материалсем, сурма фабрикатсем планран иртерсе 10.174 тенкĕлĕх перекетленĕ. Ку тĕлĕшпе котельнăй цех коллективĕ уйрăмах лайăх тĕслĕх кăтартнă. Перекетлĕхшĕн кĕрешсе, коллектив 20.043 тенкĕ государство укçине перекетленĕ.

Çак цехсен коллективĕсем халĕ Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса ĕç тухăçлăхне чылай ỹстерме, çавăн пекех чĕртаварсене материалсем ытларах перекетлеме пулчĕç. Аслă уяв умĕнхи ăмăрту вăйланса пырать.

**А. СМИРНОВ.**

* * *

## Шупашкарти электроаппаратура завочĕ уяв умĕнхи ăмăртăва хутшăнать

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатма пулăшать. Çак постановление пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ.

Пирĕн коллектив, партипе правительство халăх пурнăçĕшĕн тăрăшнипе хавхаланса тата Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа социализмла ăмăртăва хутшăнса, çакăн пек обязательствăсем илет:

1. Октябрь уйăхĕнчи номенклатурăра кăтартнă пĕтĕм продукци тата таварлă продукци туса кăлармалли плана срокчен: вунă уйăхри плана—кăçалхи октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне, вунпĕр уйăхри плана—ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултармалла.

2. Йĕркеллĕ те пĕр чăрмавсăр ĕçлесе, кашни цех талăкри графика тултармалла тумалла.

3. Ĕçе организацилессине малалла лайăхлатса пырса, йывăр ĕçсене механизацилесе тата чи лайăх стахановецсен малта пыракан опытне сарса, заводри мĕнпур рабочисен ĕç нормине тултарассине пурнăçа кĕртмелле, ĕç тухăçлăхне ỹстермелли плана 102 процент тултармалла.

4. Продукцин хăйна ларакан хакне чакарса, планран иртерсе 3 миллион тенкĕрен кая мар укçа перекетлесе хăвармалла.

5. Электроэнерги расходлассине нормăра кăтартнинчен 10 процент чухлĕ чакармалла.

6. Çĕнĕ йышши изделисем 610 штук туса кăлармалла. Завод вăйĕпе 5 гидравлически пресс туса хатĕрлемелле.

7. Чи лайăх продукци туса кăларассишĕн ăмăртакан бригадăсен шутне 200 çитермелле.

8. Шупашкар районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан шефа илнĕ колхоза электричество кĕртсе парас, теплица, парник рамисем туса хатĕрлес, шыв тытса тăмалли пĕве тăвас ĕçсенче пулăшу памалла. Колхозниксем хушшинче шеф ĕçне туса пырас тĕлĕшпе ялан ĕçлеме комиссисем организацилемелле.

9. Производство тата культурăпа йăла сурчĕсене октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпех хĕле хатĕрлесе çитермелле.

10. Ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне Совхознăй урамĕнчи пурăнмалли çурта, йывăçран хăпаласем тăвакан цеха туса пĕтерсе ĕçе ямалла, рабочисен столовăйне тĕпрен юсас тата çĕнетсе улăштарас ĕçе вĕçлемелле.

Çỹлте асăннă обязательствăсене йышăнса, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлă завод коллективĕ Чăваш АССР-ĕнчи мĕнпур промышленность предприятийĕсене Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса яма чĕнет.

### Пысăк çĕкленỹпе

Шупашкар районĕнчи промкомбинатра ĕçлекенсем пысăк обязательствăсем илнĕ: çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран иртерсе чылай тупăш пама пулнă.

Рабочисем хăйсен сăмахне пурнăçласа пыраççĕ. Комбинат иртнĕ уйăхри плана иртерсе тултарчĕ.

Уйрăмах сĕвĕ çĕлекен цех малта пырать. Ку цехри М. Судакова, З. Рыбкина, С. Николаева юлташсем нормăна 120—130 процент тултараççĕ. Цехри рабочисем хăйсен квалификацине ỹстерсе пыраççĕ. Нумай пулмасть виçĕ çынна пысăкрах разрядсене куçарнă.

Сĕвĕ çĕлекен цех коллективĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа социализмла ăмăртăва хутшăнчĕ. Рабочисем çулталăкри плана аслă праçник тĕлне тултарма, продукцин хăйне ларакан хакне планпа палăртнинчен йỹнетме, продукци пахалăхне лайăхлатма пулчĕç.

**Ф. МАРКОВ.**

### *Задание иртерсе тултарнă*

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекен рабочисемпе работницăсем хушшинче Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Çак кунсенче кунта пур цехсемпе сменăсенче те пухусем пулса иртрĕç. Вĕсенче иртнĕ уйăхри тата виççĕмĕш кварталти ăмăрту итогĕсене пăхса тухрĕç.

Иртнĕ уйăхри социализмла ăмăртура хатĕрлекен цех коллективĕ мала тухнă. Çак цех коллективĕ уйăхри задание 104 процент ытла пурнăçланă, ĕç тухăçлăхне чылай ỹстернĕ, чĕртаварсем перекетленĕ.

Арлакан цехра ĕçлекенсен коллективĕ Аслă уяв умĕнхи ăмăртăва тухса тăваттăмĕш квартал планне 105 процент, октябрь уйăхĕнчи задание 110 процент, ноябрь уйăхĕнчи задание 111 процент пурнăçлама социализмла обязательстве илнĕ. Çавăн пекех цех коллективĕ продукци пахалăхне лайăхлатас, ĕç тухăçлăхне ỹстерес, чĕртаварсемпе электроэнерги перекетлес тĕлĕшпе те пысăк обязательствăсем илнĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Çĕнĕ вĕренÿ çулĕ пуçланчĕ

Октябрĕн 1-мĕшĕнче республикăн хуласемпе ялсенче парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ пуçланчĕ. Предприятисемпе учрежденисенче, колхозсенче тата шкулсенче пинпер политшкулсем, КПСС историне вĕренмелли кружоксем тата теориллĕ семинарсем ĕçлеме тытăнчĕç.

Пропагандистсен, семинар руководителĕсен тата консультантсен составĕ кăçал иртнĕ çулхинчен нумай лайăхланнă. Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ вĕренÿ çулĕ пуçланиччен пур хуласемпе районсенче те пропагандистсен семинарĕсем пулса иртрĕç. Семинарсенче пропагандистсем марксизм-ленинизмăн тĕп ыйтăвĕсем тăрăх, Коммунистсен партийĕн шалти тата тулашри политикин чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем итлерĕç, пĕр-пĕрин опычĕпе паллашрĕç, кружоксемпе политшкулсенче малтанхи темăсене мĕнле вĕренмелли çинчен методикăлла кăтартусем илчĕç.

Партин хуласенчи комитечĕсемпе райкомĕсенче парти, совет, профсоюз, хуçалăх активĕсем валли семинарсем организациленĕ. Унсăр пуçне хуласемпе ялсенче нумай коммунистсем кăçхи политшкулсенче вĕренме тытăннă. Парти историне вĕренмелли кружоксенче тата политшкулсенче пĕрремĕш занятире «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» темăпа лекцисем вуласа панă.

Шупашкарти пур политшкулсемпе кружоксенче те пĕрремĕш занятисем пулса иртнĕ. Кăçал хулара пурĕ 500 ытла политшкулсемпе кружоксем организациленĕ. Вĕсенче парти членĕсемпе кандидачĕсем тата партире тăманнисем вĕренеççĕ. Унсăр пуçне политикăлла пĕлÿлĕхе хăпартас тĕлĕшпе виçĕ пин çынна яхăн харпăр хăй тĕллĕн вĕренет. Электроаппаратура заводĕнче, Легпромстрой трестĕнче, Педагогика институтĕнче, больницăра, техникумсенче тата хулари ытти предприятисемпе учрежденисенче парти вĕренĕвĕн çулĕ уйрăмах йĕркеллĕ пуçланнă. Политшкулсемпе кружоксенче вĕренме кăмăл тунисем пурте пухăннă. Занятисем пысăк çĕкленÿпе иртнĕ.

Электроаппаратура заводĕнче кăçал пурĕ 23 кружокпа политшкул организациленĕ. Çак кружоксемпе политшкулсенче вĕренекенсем пурте занятие пынă. КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотеки çумĕнчи кăçхи политшкулта те занятисем йĕркеллĕ пуçланнă. Унта хулари парторганизацисенчи 42 активист вĕренет. Пĕрремĕш занятире З. Федорова юлташ «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» темăпа лекци вуласа панă.

Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ пуçланнă кунах хăшпĕр çĕрте ситменлĕхсем те палăрнă. Чебторгри тата Чăвашстройри парти историне вĕренмелли кружоксенче тата политшкулсенче вĕренме кăмăл тунисем занятие пурте пухăнман.

Чурачăк районĕнчи парторганизацинче Коммунистсен партийĕн историне вĕренмелли 38 кружокра тата 18 политшкулта пуринче те çĕнĕ вĕренÿ çулĕ лайăх пуçланнă. Коммунистсем тата партире тăман актив—пурĕ 800 çынна яхăн кăçал çав кружоксемпе политшкулсенче вĕренме тытăннă. 160 çын марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ.

Муркаш районĕнче коммунистсемпе партире тăман кадрсем политикăлла вĕренĕве кăçал пĕлтĕрхинчен чылай ытларах хутшăннă. Политшкулсемпе кружоксенче 1.000 çынна яхăн вĕренме тытăннă. Районта пурĕ 58 политшкулпа кружок организациленĕ.

## Пропагандистсен семинарĕсем

СĔРПУ. Кăçал районти коммунистсемпе кадрсен политикăлла пĕлÿлĕхне ÿстерес тĕлĕшпе пуçламăш парторганизацисенче пурĕ 81 кружокпа политшкул организациленĕ. Вĕсенче 1.120 çын, вăл шутран 593 коммунист вĕренет.

КПСС райкомĕ кружоксемпе политшкулсене ертсе пыма опытлă пропагандистсене уйăрса çирĕплетрĕ, кунсăр пуçне марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсене пулăшма консультантсем уйăрчĕ.

Пропагандистсене пулăшса пырас майпа кăçалхи вĕренÿ çулĕнче тăтăшах семинарсем ирттерме палăртнă. Сентябрĕн 23—24 тата 26—27-мĕшĕсенче икĕ семинар пулса иртрĕ. Унта пурĕ 70 пропагандист ытла пулчĕç. **С. ШАДИН.**

## Заводри парторганизаци хĕле хатĕрленесси çинчен

Канашри вагонсем юсакан завод иртнĕ çул хĕллехи условисенче ĕçлеме ситтелĕксĕр хатĕрленчĕ. Уйрăм цехсене ĕçлеме хатĕрлесе ситермени хĕллехи вăхăтра завод ĕçĕнче чылай чăрмав кÿчĕ. Çак пысăк йăнăша пулах ĕнтĕ завод иртнĕ хĕлле шалти мĕншур резервсемпе туллин усă кураймарĕ, вагонсем юсассине май пур чухлĕ туса пыраймарĕ.

Завод администрацийĕн иртнĕ çулхи йăнăшĕсене шута илмелле пек ĕнтĕ. Анчах та кунта иртнĕ çулхи урокран тивĕçлĕ вывод туни курăнмасть-ха.

Заводра хĕле хатĕрленес ĕç пачах та пуçăнман тесе калассăн мар эпир. Кунта заводăн шалти çулĕсене юсаççĕ, цехсене ăшă тытмалла тăвас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ тата ытти хăшпĕр ĕçсене те тукалаççĕ. Апла пулин те, пĕтĕмĕшпе илсен, завода хĕллехи условире ĕçлеме хатĕрлес ĕç ытла та ситтелĕксĕр пулса пырать.

Администраци завода хĕллехи условисенче ĕçлеме хатĕрлес тĕлĕшпе 304 тĕрлĕ ĕç тума палăртнă. Паянхи куна çав ĕçсенчен çуррине ытларах кăна пурнăçланă. Уйрăмах заводăн цехĕсемпе пурăнмалли суртсене юсас ĕç ситтелĕксĕр пулса пырать.

Снабжени пайĕ (начальникĕ Сусанов юлташ) строительство ĕçĕсем валли кирлĕ материалсене вăхăтра тăратмасть. Çавна пула та ĕнтĕ халĕ ремонт ĕçĕсем чарăнса ларнăпа пĕрех.

Иртнĕ хĕлле завод цехĕсенче ĕçлеме электроэнерги ситтелĕксĕртерех пулчĕ. Анчах та çакна кăçал та шута илмеççĕ, ку тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Заводăн главнăй механикĕ Суперфин, главнăй энергетикĕ Зябиякин тата хăшпĕр цех начальникĕсем завода хĕллехи условисенче ĕçлеме хатĕрлес тĕлĕшпе тивĕçлипе тăрăшмаççĕ. Вĕсем çак пысăк ĕçшĕн ответлăха хăйсем çинчен сирсе янă.

Завода хĕллехи условисенче ĕçлеме хатĕрлес ыйтăва нумаях пулмасть заводри парторганизацин уçă пухăвĕнче сÿтсе яврĕç. Партин уçă пухăвĕ завод ĕçĕнчи тĕп ситменлĕхсене палăртрĕ. Завод хĕллене ситтелĕксĕр хатĕрленни, пĕтĕмĕшпе илсен, завод управленийĕпе партком ĕçе кирлĕ пек ертсе пыманнинчен килнĕ. Партком ку тĕлĕшпе администраци ĕçне тĕрĕслесе тăман, цехсенчи парторганизацисем те цех руководстви хĕле хатĕрленес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленипе сахал интересленнĕ. Парти пухăвĕ парткома завода хĕллехи условисенче ĕçлеме хатĕрлесе ситерес ĕçе куллен тĕрĕслесе тăма тата ку тĕлĕшпе палăртнă ĕçсене хăвăртрах тума хушса хăварчĕ.

**В. АЛЕКСЕЕВ,**
заводри ĕçпе ĕç укçи пайĕн аслă инженерĕ.

# ХИСЕП ХĂМИ

**Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçленĕшĕн тата государствăна тырă памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çак колхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртме йышăннă:**

### ТĂВАЙ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

124. «Красный Октябрь» колхоз (председателĕ М. С. Веселов юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. П. Головин юлташ).
125. «Новый путь» колхоз (председателĕ Д. А. Александров юлташ, парторганизаци секретарĕ Я. Т. Терентьев юлташ).
126. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ О. Ф. Совин юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. Г. Ласточкин юлташ).
127. «Социализм» колхоз (председателĕ М. Г. Гаврилов юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. И. Краснова юлташ).

### СОВЕТСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

128. Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. А. Андреев юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. Н. Семенов юлташ).
129. «Восход» колхоз (председателĕ А. Н. Никифоров юлташ, парторганизаци секретарĕ И. А. Алексеев юлташ).
130. Чкалов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. Б. Кириллов юлташ, парторганизаци секретарĕ А. С. Сидоров юлташ).
131. «Красное Сормово» колхоз (председателĕ Н. А. Александров юлташ, парторганизаци секретарĕ Д. И. Иванов юлташ).
132. Ильич ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Я. Л. Леонтьев юлташ, парторганизаци секретарĕ И. В. Васильев юлташ).
133. «Дружба» колхоз (председателĕ В. А. Одинцов юлташ, парторганизаци секретарĕ М. Г. Григорьев юлташ).
134. «Сталинград» колхоз (председателĕ Ф. Г. Краснов юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. Е. Ефимов юлташ).

### ПЕРВОМАЙСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

135. Молотов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ И. Н. Улжусев юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. Г. Гаврилов юлташ).
136. Калинин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. Т. Горшков юлташ, парторганизаци секретарĕ И. П. Корнилов юлташ).
137. «Пионер» колхоз (председателĕ Р. Ф. Сынгаров юлташ, парторганизаци секретарĕ А. А. Казеев юлташ).
138. Шверник ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Т. С. Тимофеева юлташ, парторганизаци секретарĕ Ф. С. Мамуткин юлташ).
139. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ С. В. Иванов юлташ, парторганизаци секретарĕ А. Н. Раськин юлташ).
140. Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. И. Айкин юлташ, парторганизаци секретарĕ П. Ф. Адикин юлташ).

## Чăваш АССР-ĕнчи районсенче ялхуçалăх ĕçĕсем мĕнле пынине кăтартакан СВОДКА

Октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Кĕрхи сĕртме тунă | Хура сĕртме сухи тунă | Çĕрулми кăларнă | Тымарçимĕçсем кăларса пухнă | Авăн çапнă | Вăрлăх фончĕ хывнă | Ку шутра çĕрулми фончĕ хывнă | Выльăх апачĕ хатĕрленĕ | Сылос хывнă |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Чкаловски | 84 | 7 | 88 | 68 | 82 | 103 | 51 | 85 | 110 |
| Чурачăк | 84 | 21 | 58 | 40 | 82 | 97 | 9 | 89 | 89 |
| Елчĕк | 83 | 36 | 86 | 20 | 90 | 112 | 46 | 129 | 76 |
| Вăрнар | 81 | 8 | 64 | 20 | 78 | 84 | 59 | 76 | 82 |
| Кувакино | 80 | 8 | 75 | 32 | 94 | 97 | 36 | 39 | 51 |
| Улатăр | 79 | 32 | 54 | 17 | 82 | 103 | 60 | 55 | 48 |
| Комсомольски | 79 | 22 | 83 | 22 | 83 | 100 | 49 | 101 | 69 |
| Муркаш | 76 | 25 | 85 | 56 | 78 | 94 | 81 | 74 | 79 |
| Тăвай | 73 | 30 | 60 | 40 | 66 | 95 | 45 | 45 | 67 |
| Первомайски | 71 | 43 | 87 | 10 | 88 | 99 | 51 | 65 | 51 |
| Çĕмĕрле | 70 | 14 | 63 | 40 | 81 | 80 | 37 | 37 | 54 |
| Йĕпреç | 70 | 33 | 64 | 40 | 79 | 95 | 50 | 72 | 76 |
| Шăхасан | 69 | 16 | 70 | 24 | 80 | 100 | 86 | 62 | 83 |
| Сĕнтĕр | 68 | 61 | 56 | 32 | 74 | 90 | 59 | 59 | 51 |
| Элĕк | 66 | 20 | 45 | 26 | 71 | 80 | 50 | 66 | 49 |
| Шăмăршă | 66 | 11 | 70 | 13 | 84 | 91 | 28 | 41 | 51 |
| Канаш | 66 | 18 | 55 | 32 | 67 | 84 | 53 | 58 | 53 |
| Хĕрлĕ Чутай | 65 | 35 | 67 | 20 | 74 | 75 | 47 | 49 | 49 |
| Вăрмар | 65 | 15 | 67 | 13 | 77 | 100 | 89 | 84 | 65 |
| Ишлей | 63 | 46 | 62 | 35 | 79 | 85 | 78 | 64 | 80 |
| Советски | 62 | 32 | 44 | 31 | 65 | 73 | 42 | 55 | 44 |
| Пăрачкав | 62 | 18 | 52 | 25 | 91 | 93 | 39 | 61 | 49 |
| Шупашкар | 60 | 12 | 71 | 26 | 74 | 86 | 65 | 68 | 78 |
| Сĕнтĕрвăрри | 60 | 51 | 41 | 15 | 67 | 82 | 18 | 42 | 36 |
| Октябрьски | 58 | 19 | 25 | 19 | 64 | 87 | 18 | 55 | 47 |
| Калинино | 57 | 7 | 66 | 15 | 69 | 75 | 70 | 58 | 84 |
| Красноармейски | 56 | 33 | 77 | 33 | 71 | 80 | 69 | 63 | 79 |
| Çĕрпÿ | 55 | 34 | 48 | 30 | 75 | 80 | 48 | 54 | 56 |
| Куславкка | 44 | 28 | 38 | 16 | 65 | 86 | 22 | 59 | 61 |
| Етĕрне | 36 | 10 | 70 | 32 | 83 | 99 | 67 | 61 | 48 |

## Малта пыракансен опытне сарасси çинчен

Хыркассинчи «Родина» колхоз правленийĕпе ял Совет исполкомĕ пĕр суртрах вырнаçнă. Кунтах, пĕр пÿлĕмре, ялти вулав çурчĕ ĕçлет.

Сĕтел çинче — хаçат-журналсем. Вĕсене кăçал ситтелĕклĕ таран çырăнса илнĕ. Ик-виçĕ колхозник, канмă вăхăтпа усă курса, çĕнĕ хаçатсемпе паллашаççĕ. Вуламаллисем нумай. Август уйăхĕнче «Правда» хаçатра пĕтĕм çĕршывра малта пыракан колхозсен пысăк ситĕнĕвĕсемпе паллаштаракан статьясем пичетлесе кăларчĕç.

Мускав облаçĕнчи Раменски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Пузанчиков, Луховицки районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Генералов, Киев облаçĕнчи «Здобуток Жовтня» колхоз председателĕ Дубковецкий, Кострома облаçĕнчи «12 лет Октября» колхоз председателĕ Малинина юлташсем тата ыттисем те хăйсен колхозĕсем хуçалăх отраслĕсене чаплăн аталантарни, колхозниксен пурнăçи та культурăллă пурнăçра пурăнни çинчен тĕплĕн каласа кăтартаççĕ.

Пур çĕрти пекех, «Родина» колхоз членĕсем те çав статьясене пысăк интереспа вулаççĕ. Вулаççĕ те, пурин те пĕр шухăш-ĕмĕт çуралать:

— Пирĕн те хамăрăн общественнăй хуçалăха çавăн пек аталантарасчĕ.

«Родина» колхоз председателĕн Архипов юлташăн, кăçалхи культурăпа ÿстĕç работникĕ пулнăскерĕн, колхоза ертсе пырас ĕçре опыт сахал. Колхоз производствине тĕрĕс организацилесе тĕлĕшпе унăн нумай вĕренмелле-ха. Уй-хир бригадирĕсен тата ферма работникĕсен те пĕлÿ ситтелĕксĕр. Çавăнпа та Архиповпа унăн юлташĕсене çĕршыври малта пыракан колхозсен ĕç опытне тĕпчесе вĕренни питех те кирлĕ. Анчах çав питĕ те кирлĕ ĕçĕн пĕлтерĕшне Архипов юлташ хăй те ăнланса илеймен-ха. Малта пыракан колхоз председателĕсен «Правда» хаçатра пичетленĕ статьисене пĕрне те вăл вуласа курман.

Правленине МТС-ăн участокри агрономĕ Васильев юлташ пырса кĕчĕ. Вăл кунта тăтăшах килет, колхоз председателĕпе, уй-хир бригадирĕсемпе, колхозниксемпе куллен тĕл пулса калаçать.

Çамрăк председателе, хутла нумаях вĕренмен бригадирсене вĕсен пĕлĕвне ÿстерме пулăшасси, çĕрĕç культурине хăпартас ĕçри çĕнĕ ситĕнÿсемпе паллаштарасси, малта пыракан колхозсен опычĕ çинчен тăтăшах пропаганда тăвасси — агрономăн пĕрремĕш тивĕçĕ ĕнтĕ. Анчах Васильев юлташран çавăн пек пропагандист пулассине кĕтме çук. Пузанчиков, Дубковецкий, Генералов, Малинина юлташсен «Правда» хаçатра пичетленнĕ статьисем çинчен сăмах хускатсан, Васильев агроном тÿрех йышăнчĕ:

— Вăл статьясене эпĕ хам та вуласа пăхман.

Социализмла ялхуçалăх ситĕнĕвĕсем çинчен пропаганда тăвасси ялти вулав сурчĕн массăлла-ăнлантарулла ĕç планĕнче тĕп вырăнта пулмалла. Хыркасси вулав суртĕнче ĕç урăхла тăрать. Унăн заведующийĕ Алексеева юлташ çĕнĕ хаçатсене илет те тирпейлĕ çĕлеса хурать, вĕсенче мĕнле материалсем пичетленнипе интересленмест. Малта пыракан колхоз председателĕсен пĕрин статьине те вăл вуласа курман.

Чапаев ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Абрикосова юлташ вулав çурт заведующийĕ пулса ĕçлет. Малта пыракан колхозсен ĕç опычĕсем çинчен сырнă хаçатсем пурте ун аллинче. Анчах çав колхозсен ситĕнĕвĕсем çинчен колхозниксене мĕнле ăнлантарса пани, колхозниксем вĕсене мĕнле кĕтсе илни çинчен Абрикосова юлташ нимех те пĕлтерейменрĕ. Колхоз председателĕ Петров юлташ нумайранпа ĕнтĕ алла хаçат тытса курман.

«Гвардия» колхоз правленийĕнче, вĕсем çĕршыври малта пыракан колхоз председателĕсен статьисене мĕнле вĕренни çинчен сăмах хускатсан, колхоз председателĕ Миронов юлташ кĕскен çеç каларĕ:

— Эпир правлени валли «Правда» хаçат çырăнса илместпĕр, çавăнпа та вăл статьясене вуламан.

Чапаев ячĕпе тăракан, «Родина», «Гвардия» колхозсем—экономика тĕлĕшĕнчен вăйсăр артельсем. Иртнĕ çулта вĕсем пысăк йывăрлăхсем тÿссе ирттерчĕç, çав йывăрлăхран халĕ те тухса ситеймеççĕ. Сăлтавĕ пĕрре: çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç культури ÿсеймест, колхоз производствине тĕрĕс организацилеме тата ертсе пыма пултаракан кадрсем ситмеççĕ. Çакă вăл вăйсăр колхозсенче кадрсене малта пыракан ĕç опычĕпе хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеме хушать. Анчах кунта ĕç урăхла пулса пырать.

КПСС райкомĕпе райисполком кая юлнă колхозсене тĕрĕслетес, малта пыракан колхозсен ĕç опытне сарас тĕлĕшпе кăçал чылай мероприятисем ирттерчĕç. Сĕрпÿри селекци станцийĕнче научнăй советсем ирттерни, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоза экскурсие кайни колхоз председателĕсен пĕлĕвне ÿстерме чылай пулăшрĕ. Анчах çав мероприятисене ирттерни хăй кăна ситтелĕксĕр-ха.

Колхоз председателĕсемпе ытти руководительсем хăйсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе тăтăшах ĕçлемеççĕ, малта пыракан колхозсен ĕç опытне тĕпчесе вĕренмеççĕ пулсан, вĕсем çĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç культурине хăпартас ĕçре тăтăллă улшăну тăвассине кĕтме питĕ хĕн. Ахальтен мар ĕнтĕ, маларах асăннă колхоз председателĕсенчен пĕри те хăйсен обществăлла хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе перспективлă план тума та шутламан.

Ялхуçалăх наукин ситĕнĕвĕсене, малта пыракансен опытне кашни колхозрах ĕçе кĕртмелле тăвасси — агрономсемпе зоотехниксен, ветеринари работникĕсен кулленхи ĕçĕнче тĕп вырăнта пулмалла. Анчах КПСС Сĕрпÿ райкомĕпе райисполком ялхуçалăх специалисчĕсем умĕнчи требованисене ÿстермеççĕ. Районта çакнашкал çе колхоза ситме тивĕ, анчах агрономсемпе зоотехниксем малта пыракан ĕç опычĕ çинчен витĕмлĕ доклад е калаçу ирттерни çинчен пĕринче те илтме пулмарĕ.

Сĕрĕç тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç культурине хăпартас тĕлĕшпе тунă ситĕнÿсем Сĕрпÿ районĕнче те сахал мар. Селекци станцийĕнчи дояркăсем хăйсем пăхакан кашни ĕнерен çулталăкра 4.500—5.000 литр сĕт суса илеççĕ. Гектартан 120—150 пăт тĕштырă туса илнĕ уй-хир бригадисем сахал мар. Анчах çав паха опытсем çинчен пур колхозсенче те пропаганда тăвас ĕçе тивĕçлипе хаклмаççĕ.

**Н. ВОЛКОВ.**
(Хамăр корр.).

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Хусан чугун çулĕн сыватакан тата профилактика учрежденийĕсен врачĕсене тата ытти медицина работникĕсене орденсемпе медальсем парса наградăлассии çинчен

### Чăваш АССР тăрăх

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн 1949 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕнчи Указĕпе килĕштерсе, нумай çул хушши тата лайăх ĕçленĕшĕн çак юлташсене наградăлас:

**«ХИСЕП ПАЛЛИ» ОРДЕНĔПЕ**

1. Михаил Иванович Иванова—Канаш станцийĕнчи врач участокĕн фельдшерне.

**«ĔÇРЕ ПАЛĂРНĂШĂН» МЕДАЛЬПЕ**

1. Мария Ивановна Алтынбаевăна — Канашри вагонсем юсакан завод çумĕнчи пĕрлештернĕ больницăн медицина сестрине.
2. Лидия Михайловна Бобровăна—Канаш станцийĕнчи 6-мĕш врачебнăй участокăн медицина сестрине.
3. Анна Васильевна Зубановăна—Канашри вагонсем юсакан завод çумĕнчи пĕрлештернĕ больницăн фельдшерне.
4. Прасковья Ивановна Калицинăна—Канаш станцийĕнчи санитарипе эпидемиологи станцийĕн санитари врачĕн помощникне.
5. Анастасия Герасимовна Кузьминăна—Канаш станцийĕнчи врач участокĕн фельдшерне.
6. Антонина Андреевна Макаровăна—Канашри вагонсем юсакан завод çумĕнчи пĕрлештернĕ больницăн врачне.
7. Иустиния Иосифовна Паймеевăна—Канашри вагонсем юсакан завод çумĕнчи пĕрлештернĕ больницăн фельдшерне.
8. Мария Васильевна Поповăна—Канашри вагонсем юсакан завод çумĕнчи пĕрлештернĕ больницăн акушеркине.
9. Мария Максимовна Шалинăна—Канашри санитарипе эпидемиологи станцийĕн санитарипе контроль пункчĕн фельдшерне.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ **К. ВОРОШИЛОВ.**
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **Н. ПЕГОВ.**

Мускав, Кремль.
1953 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Чăваш АССР-ĕнчи врачсене тата ытти медицинăпа фармацевтика работникĕсене орденсем тата медальсем парса наградăлассии çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн 1949 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕнчи Указĕпе килĕштерсе, нумай вăхăт хушши тата лайăх ĕçленĕшĕн çак юлташсене наградăлас:

**ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ**

1. Мария Михайловна Макаровăна — фармацевта, Елчĕк районĕнчи аптека управляющине.
2. Павел Петрович Мусорина—Кувакино район больницин фельдшерне.
3. Роман Иванович Селиверстова—фельдшера, Первомайски районĕнчи Турхан участокĕнчи больница заведующине.
4. Василий Симулич Симулина—Тăвай районĕнчи Эльпуç участокĕн амбулатори фельдшерне.

**ĔÇЛЕХ ХĔРЛĔ ЯЛАВ ОРДЕНĔПЕ**

1. Андрей Алексеевич Алексеева — фельдшера, Йĕпреç районĕнчи Черноречински фельдшер пункчĕн заведующине.
2. Олимпиада Федоровна Алексеевăна—Шупашкарти ача çуратмалли суртри акушеркăна.
3. Клавдия Васильевна Астраханцевăна—республикăн ÿт-тир чирĕпе венерика чирĕ диспансерĕн врачне.
4. Григорий Васильевич Кузнецова—Çĕмĕрле районĕн санитарипе эпидемиологи станцийĕн фельдшерне. Çĕмĕрле хули.
5. Петр Николаевич Осипова—Чăваш АССР Сывлăх министерствин главнăй терапевтне.

**«ХИСЕП ПАЛЛИ» ОРДЕНĔПЕ**

1. Григорий Данилович Агельскине — Сĕнтĕрвăрри район больницин главнăй врачне.
2. Феодора Афанасьевна Гайнинăна — Сĕнтĕрвăрри район больницин медицина сестрине.
3. Васса Сергеевна Ивановăна—Шăхасан район больницин акушеркине.
4. Лидия Афанасьевна Осановăна — Шупашкар хулинчи ача çуратмалли çурт врачне.
5. София Флегентовна Павловăна—врача, Сĕнтĕрвăрри хулинчи ача-пăча консультацийĕн заведующине.
6. Серафима Семеновна Смирновăна—республикăн юн ярса сыватмалли станцийĕн медицина сестрине.
7. Нина Ивановна Софоновăна—Çĕрпÿ район больницин медицина сестрине.
8. Наталия Федоровна Усьнинăна — Шăмăршă район больницин фельдшерне.
9. София Фадеевна Фадеевăна—фельдшера, Шăхасан районĕнчи Энтриялĕнчи фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
10. Петр Степанович Цветкова—республикăн малярие хирĕç кĕрешекен станцийĕн фельдшерне.
11. Александр Семенович Шилина — Тăвай районĕнчи Тĕмер участокĕнчи больницăн главнăй врачне.

**«ĔÇРИ ХАСТАРЛĂХШĂН» МЕДАЛЬПЕ**

1. Надежда Ильинична Андреевăна — Пăрачкав район больницин медицина сестрине.
2. Татьяна Сергеевна Воробьевăна — Канаш хулинчи больница врачне.
3. Нина Александровна Воскресенскаяна—Шупашкар хулинчи ача-пăча больницин медицина сестрине.
4. Евдокия Васильевна Головяевăна — Шупашкар хулинчи ача-пăча больницин врачне.
5. Елена Григорьевна Захаровăна — фармацевта, Шупашкар хулинчи 1-мĕш аптекăн рецептар-контролерне.
6. Мария Ивановна Ивановăна—Йĕпреç районĕнчи ача çуратмалли çурт акушеркине.
7. Анастасия Ивановна Качаевăна — Пăрачкав район больницин медицина сестрине.
8. Анатолий Федорович Кошечкина — врача, Сывлăх министерствинчи государство санитари инспекторне.
9. Александра Михайловна Кузьминăна — фельдшера, Шăмăршă районĕнчи Виçпÿрт Шăмăршăри фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
10. Татьяна Кузьминична Никитинăна—Шупашкар хулинчи ача çуратмалли çурт акушеркине.
11. Ольга Вячеславна Николаевăна — республикăн малярие хирĕç кĕрешекен станцийĕн лаборантне.
12. Юлия Александровна Парфеновăна—Улатăр хулинчи больница акушеркине.
13. Мария Никифоровна Савельевăна—Шăмăршă район больницин акушеркине.
14. Надежда Степановна Степановăна—Кувакино район больницин акушеркине.
15. Ольга Игнатьевна Титовăна — фельдшера, Шăхасан районĕнчи Ушанарти фельдшер пункчĕн заведующине.

**«ĔÇРЕ ПАЛĂРНĂШĂН» МЕДАЛЬПЕ**

1. Мария Семеновна Абуговăна — Чапаевски поселокри больницăн врачне, Шупашкар хули.
2. Нина Алексеевна Алексеевăна — республикăн юн ярса сыватмалли станцийĕн медицина сестрине.
3. Иван Андреевич Андреева—фельдшера, Тăвай районĕнчи Енĕш Нăрвашри фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
4. Людмила Васильевна Белявскаяна—республикăн санитарипе эпидемиологи станцийĕн фельдшерне.
5. Александра Федоровна Брыськинăна—Пăрачкав район больницин медицина сестрине.
6. Александра Владимировна Ванинăна—медицина сестрине, Калинино район больницинчи лаборанта.
7. Марина Федотовна Ваньковăна — Первомайски район больницин фельдшерне.
8. Анна Григорьевна Григорьевăна — Октябрьски районĕнчи Кĕчкейри трахомăна хирĕç кĕрешекен пунктăн медицина сестрине.
9. Евдокия Григорьевна Григорьевăна—фельдшера, Комсомольски районĕнчи Хырай Енелти фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
10. Василиса Егоровна Егоровăна — Шăхасан район больницин медицина сестрине.
11. Мария Васильевна Еремеевăна — Шăмăршă районĕнчи Кивĕ Чукалри колхозăн ача çуратмалли çурчĕн акушеркине.
12. Матрена Филипповна Ермаковăна—ачасене шăмăри туберкулезран сыватакан Вăрнарти санаторин медицина сестрине.
13. Вера Ивановна Ивановăна—фельдшера, Шăхасан районĕнчи Ухманри фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
14. Дария Максимовна Ивановăна — Элĕк районĕнчи Ураскилт участокĕнчи больницăн фельдшерне.
15. Евдокия Михайловна Ивановăна—Комсомольски районĕнчи Кивĕ Выçлири трахома хирĕç кĕрешекен пунктăн медицина сестрине.
16. Мария Федоровна Ивановăна—Вăрнар районĕнчи Пинер вăрман участокĕн сывлăх пункчĕн медицина сестрине.
17. Мария Даниловна Исаевăна—Сĕнтĕрти ача çуратмалли çурт акушеркине.
18. Зинаида Александровна Ковшовăна—республика больницин врачне.
19. Евгения Петровна Козловăна — Первомайски районĕнчи Шурут участокĕнчи больница фельдшерне.
20. Степанида Матвеевна Конновăна—фельдшера, Калинино районĕнчи Ассакассинчи фельдшер-акушер пункчĕн заведующине.
21. Александра Ивановна Кораблевăна—Йĕпреç районĕн сывлăх пайĕн фельдшерне.

(Юлашки пулать).

# Совет Правительстви Франци, Англи тата США Правительствисене Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне пухасси çинчен панă нота

Сентябрěн 2-мěшěнче ССР Союзěн Ют çěршыв Ěçěсен Министерстви Франци, Англи тата США Правительствисенчен пěр пек нотăсем илнě. Вăл нотăсем Совет Правительствин августăн 4-мěшěнче Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне пухасси çинчен тăракан ыйту пирки тата августăн 15-мěшěнче Германи ыйтăвě тěлěшпе панă нотăсене ответ пани пулса тăрассě.

Сентябрěн 28-мěшěнче ССР Союзěн Ют çěршыв Ěçěсен Министерстви Франции, Англин тата США-н Мускаври Посольствисене Совет Правительствин ответлă нотине ярса панă.

Аяларах Франци Правительстви 1953 çулхи сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăна тата Совет Правительстви 1953 çулхи сентябрěн 28-мěшěнче панă нотăна пичетленě.

## Франци Правительстви 1953 çулхи сентябрěн 2-мěшěнче панă нота

Франци Посольстви Советлă Социализмлă Республикăсен Союзěн Ют çěршыв Ěçěсен Министерствине хăй хисеплени çинчен калать тата ăна çакăн пек пěлтерме шутлать.

I. Халиччен йăлана кěнě йěркесем тăрăх, Франци Правительстви, Пěрлешӳллě Штатсен тата Великобританин правительствисемпе тачччăн çыхăнса, СССР Правительстви 1953 çулхи августăн 4-мěшěнче тата 15-мěшěнче панă нотăсене тěплěн сăнаса вěренчě. Вăл нотăсенче хěвеланăçри виçě держава июлěн 15-мěшěнче тăратнă сěнӳсем пирки ответ панă. Германи Федеральнăй Республикин Правительствипе тата Германин Берлинри влаçěсемпе консультацисем ирттернě.

II. Франци Правительстви виçě держава тытса пыракан политика тěлěшěне Совет Правительстви критиклесе асăрхаттарнисене тепěр хут сирсе яма та, çапла вара, мире тěреклетес ěçе сиен-кӳрекен усăсăр дискуссие малалла тăсма та шутламасть.

III. Çавăнпа та Франци Правительстви Совет Союзě августăн 4-мěшěнче тата 15-мěшěнче панă нотăсенче çирěплетсе каланисем пирки хăйěн шухăшне кăтартса парě, вăл халě хăй Совет Правительствин кăçалхи июлěн 15-мěшěнче панă нотăра сěннě тăрăх Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне пухнă май тухса тăракан васкавлă ыйтусем пирки асăрхаттарса каланисемпе çарăнса тăма шутлать.

IV. Германипе çыхăнса тăракан хăшпěр ыйтусене халех татса пама пултарсан тата Австрипе государство договорě тума пултарсан, мир тума чăн-чăн утăм туни пулěччě тата тěнчери лару-тăрăва çăмăллатма пулěччě. Çапла ěнтě çак ыйту тăрăх Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне ирттерни кирлě; Совет Правительстви сěннě пек мěнпур пысăк ыйтусене пěрле сӳтсе явмалла туни вăл палăртакан калаçусене ирттерессине тата вěсен ăнăçлăхне чарса тăни кăна пулěччě. Германипе Австри ыйтăвěсене татса пани ытти пысăк ыйтусене ăнăçлăн татса пама пулăшнă пулěччě. Франци Правительстви çавăн пекех тата çапла асăрхаттарса калама кирлě тесе шутлать: çак ытти ыйтуçенчен хăшне-пěрне Пěрлешнě Нацисен Организацийě пек тěнчери организацисене е Корея ыйтăвě тăрăх пухăнакан политикăлла конференци пек тěнчери канашлусене пăхса тухма хушнă, çав политикăлла конференцие Китай Халăх Республики те хутшăнать. Китай Халăх Республики тăвата державăн Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне хутшăнни, çапла вара, вырăнлă мар.

V. Совет Правительстви Германи ыйтăвне сӳтсе явма сěнекен процедура кăткăс пек туйăнать, унпа усă курас пулсан, ěçсем лайăх килсе тухнă чухне те вăхăт нумай çухатмалла пулать. Совет Правительстви августăн 15-мěшěнче панă нота, тěрěссипе илсен, тěрлě комбинацисем ирттерме пăхса хурать, çакна пула Федеральнăй Республикăра, Германин Хěвелтухăç Зонинче тата Берлинра ирěклě суйлав ирттересси паллă мар срока юлма пултарать. Пěтěмěшлě суйлав ирттернипе халăх ирěкне ирěклěн палăртни çине таянса тăман Германи Правительствин пулас Германи нацийě валли паха решенисем йышăнма кирлě нимěнле пахалăх та пулман пулěччě. Çапла ěнтě ирěклě суйлав çинчен тăракан ыйту Германин пěтěм ыйтăвне йěркелеме кирлě татăклă ěç пулса тăрать. Çавăнпа та Франци Правительстви çапла шутлать: Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвě Германи ыйтăвě тăрăх пухăнмалла. Германи ыйтăвне татса пани пěтěм тěнчери ыйтусене йěркелеме кирлě паха элемент пулса тăрать. Канашлăвăн чи малтанах ирěклě суйлав çинчен тăракан ыйтăва тата пулас Германи Правительствин статучě çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухмалла.

VI. Кунсăр пуçне çакна палăртни кирлě: Франци Правительстви хăй июлěн 15-мěшěнче панă нотăра чи малтан ирěклě суйлав çинчен тăракан ыйтăва сăнаса вěренме сěннě вăхăтрах, тěрěслесе тухма Комисси тăвас тěлěшпе малтанлăха нимěнле услови те кăларса тăратман. Çавăнпа та кунта Совет Правительстви çак пěлтерěвěн шухăшне тěрěс мар ăнланнă пек туйăнать.

VII. Франци Правительстви нихçан та Австри ирěклěхěпе никама пăхăнманлăхне туса хурасси Германи ыйтăвне татса парас ěçре тунă ăнăçлăхран килет тесе шутламан, Мускавра 1943 çулхи ноябрь уйăхěнче йышăннă деклараци тăрăх, Австри ирěке тухнă çěршыв шутланмалла. Франци Правительстви çак икě ыйту пěр-пěринпе пачах çыхăнса тăмасть тесе шутлать. Унăн шучěпе, халě Австри Договорне тума нимěн те чăрмантарса тăмалла мар. Çавăнпа та Франци Правительстви Австри ыйтăвě тăрăх кăçалхи августăн 31-мěшěнче Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен Заместителěсене пухма тăратнă сěнěве Совет Правительстви йышăнман пирки пăшăрханать. Анчах та вăл çаплах Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсем, вěсем пěр-пěринпе тěл пулса калаçас пулсан, Австрин государство договорě пирки килěшсе таталма пултарассě тесе шутлать.

VIII. Çак ыйтусене сӳтсе явни нотăсем улăштарса илнинчен те ытларах хамăр шыракан ěçсем патне илсе çитерессине ěненсе тăрса, Франци Правительстви тепěр хут Совет Правительствине октябрěн 15-мěшěнче Лугано хулинче пухăнма пултаракан Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне хутшăнма чěнет. Франци Правительстви çапла шутлать: Швейцари Правительстви çак сěнӳ çине ырă кăмăлпа пăхнă пулěччě.

## Совет Правительстви 1953 çулхи сентябрěн 28-мěшěнче панă нота

Совет Правительстви Франци Правительстви сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăна илни çинчен пěлтерет. Вăл нота Совет Правительстви августăн 4-мěшěнче тата августăн 15-мěшěнче панă нотăсем çине ответ пани пулать.

Сентябрěн 2-мěшěнчи нотăпа паллашни çакна кăтартать: Франци Правительстви панă ответра Совет Правительстви кăларса тăратнă ыйтусенчен пăрăнса иртнě; çав ыйтусене пăхса тухни тěнчери татса памалли ыйтусене йěркелесе яма, çавăнпа пěрлех тата мирпе тěнчери хăрушсăрлăха çирěплетме пулăшнă пулěччě.

Совет Правительстви августăн 4-мěшěнче панă хăйěн нотинче тěнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатма, çавăн пекех Германи ыйтăвне, вăл шутра Германи пěрлěхне туса хурас тата мирлě договор тăвас ыйтусене те, татса пама пулăшакан ěçсем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма сěнчě. Çаксем çумне хушса, августăн 15-мěшěнче панă нотăра Совет Правительстви Германи ыйтăвне вăраха ямасăр татса парас задачăсемпе çыхăнса тăракан тěп ыйтусене палăртса пачě.

Çак сěнӳсене кăларса тăратса, Совет Правительстви Германи çинчен тăракан ыйтăва халăхсем мире тěреклетме тăрăшнине тивěçтерекен тата Европăри мире юратакан халăхсен интересěсене, çавăн пекех Германи халăхěн хăйěн интересěсене çураçуллăн татса пама пулăшакан килěшӳсем тăвас тěллев тытнă тата тытать те. Асăннă нотăсенче Совет Правительстви кăларса тăратнă ыйтусем хальхи вăхăтра тата ытларах пысăк пěлтерěшлě ыйтусем пулса тăчěç.

Чи малтан, тěнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатасси çинчен тăракан ыйту пирки. Ку ыйту кирлě пулнине Франци Правительстви сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăра та хирěçлемен.

Совет Правительстви çак факта кăтартса панăччě: Корейăра перемири туни тěнчери лару-тăрури йывăрлăха чакарма лайăх майсем туса пачě. Анчах та юлашки вăхăтра Корея ыйтăвне татса парас ěçре çěнě йывăрлăхсем пулса тăчěç. Корея ыйтăвě тăрăх политикăлла конференци пухас ěç те пысăк йывăрлăхсемпе тěл пулать, мěншěн тесен Генеральнăй Ассамблейăн 7-мěш сессийěнче политикăлла конференци йышне палăртнă чухне, Америкăри Пěрлешӳллě Штатсем енчен тěрлě йышши мерăсем йышăннине пула, тӳрех интересленекен çěршывсемпе, Китай Халăх Республикипе тата Демократиллě Корея Халăх Республикипе килěшсе ěçлеме кирлине пачах хаклаööман тата пěр енчен кăна пăхса решени йышăннă. Çак вăхăтрах политикăлла конференцин ăнăçлăхě интересленекен икě енě те пěрле тăрăшнинчен тата перемири тума пулăшнă тата Корея ыйтăвне татăклăн татса пама тăрăшакан ытти государствăсем хутшăннинчен нумай килет. Кăнтăр Корейăри Ли Сын Ман ушкăнěн агрессиллě ěçěсем те тимлěн пăхма хушассě, вěсем çаплах перемирие пăсассипе хăратассě.

Азири çěршывсем тěлěшěнчен татса памалли ытти политикăлла ыйтусене те шута илмесěр тăма юрамасть. Вěсем çак государствăсен нацилле интересěсемшěн тата мире тěреклетессишěн уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрассě. Çакна май, чи малтан, Китай Халăх Республикин законлă прависене хисеплемелле тума кирлине кăтартса парас пулать. Китай Халăх Республикине Пěрлешнě Нацисен Организацийěнче унăн никам туртса илме пултарайман прависене тепěр хут парас пулать. Çакăн пек тума халě уйрăм государствăсем хирěçни кăна чăрмантарса тăрать. Тěнчери лару-тăрăва çăмăллатас тěллевпе çакăн йышши ыйтусене тăхтаса тăмасăр татса пани кирлě. Ку ыйтусен шутне Кăнтăр-Хěвелтухăç Азири тата Лăпкă океан тăрăхěнчи çěршывсенчи лару-тăру пирки тăракан ытти пысăк ыйтусем те кěрессě. Çакăн пек ыйтусене татса парас тата тěнчери хутшăнусенчи йывăр лару-тăрăва пěтěмěшлěн çăмăллатас ěçсене Китай Халăх Республики ялан хутшăнни кирлě. Паллă ěнтě, Пěрлешнě Нацисен Организацийěн тěникěсне хывнă чухнех мирпе халăхсен хăрушсăрлăхě çинчен тăракан ыйтусене татса парас ěçре Китайăн вырăнне шăпах та çакăн пек палăртнă ěнтě.

Европăна илес пулсан, Хěвеланăç Германире юлашки вăхăтра пулса иртнě политикăлла ěçсем мире юратакан çěршывсенче хăрушлăха ӳстерчěç. Хěвеланăç Германире,—уйрăмах Германири шултра монополисем çине таянса тăракан ют çěршывсенчи ушкăнсем хěснипе,—реваншистла элементсен влиянийě ӳссе пырать. Вěсем каллех «Drang nach Osten» текен агрессиллě политика чěлхипе калаçма пуçларěç. Çак политика ытти халăхсене кăна мар тата Германи халăхне хăйне те вěçěмсěр пысăк асап кӳчě. Çавнашкал политика пурпěрех путланса лараси паллă пулсан та, Европăри мире юратакан государствăсем, уйрăмах Хěвеланăç Германипе кӳршěллě çěршывсем Хěвеланăç Германире политикăлла ěçсем çакăн пек киревсěр аталаннине шута илмесěр тăма пултараймассě, мěншěн тесен Европа варринче ěнерхи гитлеровецсем ытларах та ытларах пуçěсене çěклессě тата агрессин çěнě хăрушă вучахě туса хурас хăрушлăх ӳссе пырать.

Совет Правительстви августăн 4-мěшěнче панă нотăра, Çурçěр Атлантика блокě тытса пыракан агрессиллě политика кăларса тăратнă хăрушлăха шута илсе, хěçпăшалсене чакарасси çинчен тата ют государствăсен территорийěсенче çар базисем тума парас марри çинчен тăракан ыйту пěлтерěшне палăртрě. Çак ыйтăва пăхса тухмасăр иртсе каяс тени вăл—тěнчери лару-тăрăва çăмăллатас тěлěшпе пысăк вырăн йышăнса тăракан ыйтусене шута хурас мар тенине пěлтерет. Çаплах васкаса хěçпăшалланни, уйрăмах атомлă, водородлă хěçпăшалсем тата халăха массăллăн пěтермелли ытти йышши хěçпăшалсем нумай туса хатěрленě май, шăпах та çапла тума хушать: хěçпăшалсене чакарасси çинчен, атомлă, водородлă хěçпăшалсемпе тата халăха массăллăн пěтерекен ытти хěçпăшалсемпе усă курма чарса лартасси çинчен тăракан ыйтăва вăраха ямасăр пăхса тухмалла, тивěçлě килěшӳсене пурнăçланипе пěтěм тěнчере çирěп тěрěслесе тăмалла. Çакна та йышăнмасăр тăма çук: хăшпěр державăсем Европăри, Африкăри, Азири çěршывсенче сывлăш-çар тата тинěс-çар базисем туса хуни, вěсене уйрăмах ССР Союзěпе халăх демократи çěршывěсен чиккисем çывăхěнче нумай туни агрессиллě тěллев тытать. Ют государствăсен территорийěсенчи çар базисем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма килěшменнине тěнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма пулăшасшăн мар пулни вырăнне кăна хурса хаклама пулать. Çакăн пек пулни тěнчери татса памалли ыйтусене йěркелеме тăрăшни çинчен калакан тěрлě заявленисене ěненми туса хурать.

Совет Правительстви те, Франци Правительстви те тěнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма тăрăшни çинчен хăйсем пěр хут кăна мар каласçě пулсан, çак факт патěнчен те иртсе кайма çук: çěнě вăрçă кăларма пропаганда сарасси, çěнě агрессиллě ěçсем тума чěнсе каласси çаплах чарăнмасть, хăшпěр государствăсен правительствисем демократи лагерěнчи çěршывсенче уççăнах диверсисем, террор тата саботаж тăвас ěçе тытăнчěç. Генеральнăй Ассамблея вăрçă пропагандине сивлесе йышăннă паллă решение час-часах пурнăçа кěртмессě кăна мар, хăшпěр государствăсен «вăй политикине» мухтакан, «сивě вăрçă» вăйлатма чěнекен официальнăй ответлă ушкăнěсем ăна уççăнах нимěн вырăнне те хумассě. Паллă ěнтě, тěнчери лару-тăрăва çăмăллатас тесен, çěнě вăрçă кăларас тěлěшпе çаплах сарса пыракан пропагандăна тата халăхсем мире тата тěнчери хăрушсăрлăха сыхласа хăварма тата тěреклетме шанса тăнине хавшатас тěлěшпе агрессиллě ушкăнсем тăвакан ытти мěнпур ěçсене хирěç татăклăн отпор памалли мерăсем йышăнни кирлě.

Çакăнта каланисенчен акă мěн тухса тăрать: Франци, Великобритани, Америкăри Пěрлешӳллě Штатсем, Китай Халăх Республики тата Совет Союзě хутшăннипе тăхтаса тăмасăр халех пěрле пăхса тухмалли пысăк ыйтусем, пěтěм тěнчере пысăк вырăн йышăнакан ыйтусем тухса тăчěç. ООН Уставě тăрăх, мир тата халăхсем хушшинчи хăрушсăрлăх туса хурассишěн чи малтан çак государствăсем ответлă пулассě.

Çакна май Совет Правительстви августăн 4-мěшěнче панă нотăра Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвěнче тěнчери хутшăнусенчи йывăр лару-тăрăва çăмăллатмалли ěçсем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма сěнӳ пачě. Тěнчери çавнашкал пысăк ыйтусене сӳтсе явма кирли лайăх курăнса тăрать ěнтě. Апла пулсан та, Франци Правительстви сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăра тěнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатма кирлине пачах хакламан, мěншěн тесен Франци Правительствин ответěнче сӳлте асăннă, тěнчере пысăк вырăн йышăнса тăракан, çавăнпа пěрлех халех татса памалли ыйтусем пирки шарламасăр иртсе кайнă.

Совет Правительстви августăн 4-мěшěнче тата 15-мěшěнче панă хăйěн нотисенче çавăн пекех Ют çěршыв Ěçěсен министрěсен канашлăвěнче Германи ыйтăвне пур енчен те пăхса тухма сěннěччě. Совет Правительстви çак ыйтусене сӳтсе явма сěнӳ панăччě:

1. Германипе мирлě договор тăвасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма мирлě конференци пухасси.

2. Пěтěм Германин Вăхăтлăх правительствине туса хурасси тата пěтěм Германипе ирěклě суйлав ирттересси.

3. Германин вăрçă пирки пулса тухнă ěçсемпе çыхăнса тăракан финанспа экономика обязательствисене çăмăллатасси.

Франци Правительстви сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăра çав ыйтусенчен пěтěм Германири суйлав çинчен тăракан ыйтăва кăна асăннă, Германи ыйтăвне татса парас ěçре питех те пысăк вырăн йышăнакан ытти ыйтусене пачах шута илмен. Пěтěм Германири суйлав вăл Германин шалти ěçě пулса тăрать, ăна Германи халăхěн хăйěн, ют державăсене хутшăнтармасăр татса памалла. Çак енчен пăхсан, Франци йышăннă позици вырăнсăр пулни тата ытларах палăрать.

Тепěр енчен, сентябрěн 2-мěшěнче панă нота Германи тěлěшпе тăракан тěп ыйтусене шута илмест. Çав ыйтусене оккупацилекен тăватă держава—Франци, Англи, США тата СССР активлă хутшăнмасăр тата вěсем пулăшмасăр хальхи условисенче татса пама çук.

Совет Правительстви Франци Правительствине, çавăн пекех Англипе США Правительствисене те, Германипе тумалли мирлě договорăн никěсěсен хăйěн проектне икě хутчен ярса пачě, çав проекта сӳтсе явма е пăхса тухма мирлě договорăн проектне тăратма сěнчě. Çулталăк сурă иртрě, анчах Франци Правительстви мирлě договорăн Совет Союзě сěннě проекчě пирки хăйěн шухăшне каласа памарě тата хăйěн проектне те тăратмарě.

Кăçал августăн 15-мěшěнче панă нотăра Совет Правительстви çакăн пек тума сěннěччě: улттă уйăх хушшинче мирлě конференци пухмалла, унта интересленекен мěнпур государствăсене хутшăнтармалла, мирлě договор хатěрленě вăхăтра мěнпур ěçсене тата мирлě конференцие Германин тивěçлě представителěсене хутшăнма май памалла. Çавăн пек конференцин пěлтерěшě çинчен хирěçле калама май çук пулсан та, Франци Правительстви панă ответлă нотăра мирлě конференци пухас ыйту çинчен нимěн каламасăр иртсе кайнă.

Совет Правительствин сěнěвě тăрăх, Пěтěм Германин демократиллě Вăхăтлăх правительствине туни Германие мирлě тата демократиллě никěс çинче пěрлештерме пулăшмалла. Çавăн пек правительство е пěтěм Германире ирěклě суйлавсем ирттериччен Хěвелтухăç тата Хěвеланăç Германири хальхи правительствăсен иккěшин вырăнне йышăнма пултарнă пулěччě, е, Хěвелтухăç тата Хěвеланăç Германири хальхи правительствăсене çаплипех хăварсан, вăхăтлăха пěтěм Германи функцийěсене, чи малтанах, пěтěм Германире ирěклě суйлава хатěрлесе ирттерес ěçе пурнăçлама пултарнă пулěччě. Франци Правительстви Совет Правительствин çак сěнěвěпе те килěшмерě. Совет Союзěн асăннă сěнěвě çине çавăн пек пăхнă чухне Германие тепěр хут пěрлештерес тěлěшпе тума май пур практикăлла ěçсене пурнăçлама май килмест, мěншěн тесен пěтěм Германири суйлава хатěрленнě вăхăтра пěтěм Германире Германи халăхěн ирěкне пурнăçлама пултаракан мěнле те пулин орган тумассě. Кунтан тата çакă палăрать: пěтěм Германири суйлава ирттерессине чăннипе вара оккупацилекен державăсен аллине парас шухăш пур. Çакăн пек туни вăл суйлава хатěрлесе ирттерес ěç çине ют çěршывсем енчен тӳсме çук хěсме май туса парать. Сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăра Франци Правительстви пěтěм Германире суйлав ирттерме «условисем туса хурас тěллевпе» ют государствăсен представителěсенчен «нейтральнăй комисси» текенскерне тăвас шухăша пăрахăçлама килěшнě. Паллă ěнтě, Франци Правительстви çав шухăша нумай уйăхсем хушши хӳтěленěччě, кăçалхи июлěн 15-мěшěнче хăй панă нотăра та çав шухăша пăрахманччě. Халě ěнтě Совет Союзěн сěнěвне,—суйлав ирттерес ěçе Хěвелтухăç тата Хěвеланăç Германири нимěçсен хăйсен аллине памалла, çак ěçе ют çěршыв держависем хутшăнни е вěсем енчен хěсни нимěн те пулмалла мар текен сěнěве,—хирěçлесе каланисем те пăрахăçа тухмалла ěнтě.

Кăçал августăн 15-мěшěнче панă нотăра Совет Правительстви кунсăр пуçне Франци, Англи тата США Правительствисене вăрçă хыççăн Германи йышăннă финанспа экономикăлла обязательствăсене çăмăллатас тěлěшпе решени йышăнма, çакăн пек тума сěннěччě:

1954 çулхи январěн 1-мěшěнчен пуçласа Германие репараци тата тăватă державăна вăрçă хыççăнхи государство парăмěсем тӳлессинчен хăтармалла;

оккупаци расхочěсене Хěвелтухăç тата Хěвеланăç Германин государство бюджечěн тупăшěн 5 процентěнчен ирттермелле мар тумалла;

Германие 1945 çултан вара тулашри оккупаци расхочěсем енěпе тăватă державăна тěлěшпе пулса тăнă парăм укçисене тӳлессинчен пěтěмпех хăтармалла.

Вăрçă хыççăн Германи йышăннă финанспа экономикăлла обязательствăсене çăмăллатас тěлěшпе тăракан çак ыйтусене пурне те Франци Правительстви сентябрěн 2-мěшěнче панă нотăра асăнмасăрах ирттерсе янă. Çав вăхăтрах, Совет Правительствин сěнěвне йышăнни Германи халăхне экономика енчен халех пысăк çăмăллăх панă тата Германи экономикине вăйлатма пулăшнă пулěччě. Çакна Германи халăхě, паллах, кěтет, мěншěн тесен вăрçă пěтнěренпе сакăр çул ытла иртрě. Совет Правительстви çакăн пек тума кирлě тесе малалла та шутлать: Франци Правительствин, çавăн пекех Англипе США Правительствисен те, ССР Союзěн асăннă сěнěвěсем пирки хăйсен шухăшне палăртмалла.

Бонра тата Парижра тунă килěшӳсене тивěçлě государствăсен парламенчěсенче çирěплетмелле тăвас тěллевпе юлашки вăхăтра ют çěршывсенчен демократие хирěçле майсемпе хěсме çěнě мерăсем йышăнассě. Бонри тата Парижри килěшӳсем пулăшнипе Хěвеланăç Германие милитаризацилессине пурнăçлама тата Хěвеланăç Германирен агрессиллě Çурçěр Атлантика блокě хушнине итлекен хěçпăшал туса хума шутлассě. Çав килěшӳсене çирěплетни тата пурнăçлани Хěвеланăç Германирен çěнě агресси вучахě туса хунă пулěччě, Хěвеланăç тата Хěвелтухăç Германие пěрлěхлě государствăна пěрлештермелли мая пěтерсе хунă пулěччě. Хěвеланăç Германирен çěнě агресси вучахě туса хуни Германи халăхěшěн те, Европăра мире сыхласа хăварас ěçшěн те пысăк хăрушлăх туса хурать пулин те, çав килěшӳсене çирěплеттерме мерăсем йышăнассě. Çакă вăл Германи тěлěшпе тăракан, сӳлте асăннă тěп ыйтусене пěр тăхтаса тăмасăр татса пама хушать.

Çавăн пирки Франци Правительстви пěтěм Германири суйлав çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма сěннипе Совет Правительстви килěшет. Совет Правительстви çакăнпа пěрлех çапла шутлать: Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвěнче Германи ыйтăвне пăхса тухассине пěтěм Германири суйлав çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухнипе кăна çырлахмалла мар. Çакăн çинчен каласса татăлни кирлě: çитес канашлура Германи ыйтăвне пăхса тухнă чухне сӳлте асăннă мěнпур тěп ыйтусене пăхса тухмалла, çав ыйтусене пăхса тухнă çěре Хěвелтухăç тата Хěвеланăç Германин представителěсем те хутшăнмалла.

Çакна май Совет Правительстви Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвне, çакна шута илсе, пухма сěнет:

1. Францин, Англин, Америкăри Пěрлешӳллě Штатсен, Китай Халăх Республикин тата Совет Союзěн Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвěнче тěнчери хутшăнусенчи йывăрлăха çăмăллатас тěлěшпе тумалли ěçсем çинчен пăхса тухмалла.

2. Францин, Англин, Америкăри Пěрлешӳллě Штатсен тата Совет Союзěн Ют çěршыв Ěçěсен Министрěсен канашлăвěнче Германи ыйтăвне сӳтсе явмалла, канашлăва хатěрленнě вăхăтра тăратнă мěнпур сěнӳсене сӳтсе явмалла.

Совет Правительстви августăн 28-мěшěнче Австри договорě çинчен тăракан ыйту тěлěшпе нота панăччě, ун пирки Франци Правительствинчен ответ илеймерě-ха. Совет Правительстви çав ыйтăва ялан дипломатиллě йěркепе малалла та сӳтсе явма хатěр тăнине палăртать.

Çакăн пек нотăсем Совет Правительстви çавăн пекех Англипе США Правительствисене те ярса парать.

---

# Призыв пунктěнче

«Ырă сунса кěтетпěр!»

Çапла кěтсе илет лозунгсемпе, плакатсемпе илемлетнě призыв пунктě çамрăксене.

Призыв пунктне кěрсен унăри пек туйăнать. Тăхăр сехет те çитмен-ха. Комисси пуллăра тин ěçлеме тытăнать. Апла пулсан та призыв пунктне çамрăксем йышлăн пухăннă. Вěсем хăйсене кайма хатěрленнě çынсем пек туйăнаççě, пурте хавасла.

Агитпунктра тин кăна туслăхпа юлташлăх çинчен кěске те ăнланмалла калаçу пулса иртрě. Районти культура çуртěнчен килнě артистсем концерт пама хатěрленессě.

— Концерт пуçланиччен заявлени çырар-и?—тет Илья Шаргаев хăй пекех призыва килнě çамрăксене.

Тăваттăн сěтел хушшине ларса заявлени çырма пуçларěç.

«...Эпě Сиртен хама Совет Çарěн ретне илсе мирпе коммунизм строительствине сыхлама яма ыйтатăп. Совет гражданинěн чи таса тивěçне чыслăн пурнăçлама сăмах паратăп»—тесе вěçлерě Шаргаев хăйěн заявленине.

Призыв комиссийě ěçлеме пуçларě. Врачсем каччăсен сывлăхне тěплěн тěрěслессě.

Акă, врачсем умне пěр призывник пырса тăчě. Унăн тěреклě сансурăмě çине пăхсан чун савăнать.

— Портнов Николай Васильевич,—хăйěн хушаматне ятне пěлтерчě вăл врачсем сывлăх çинчен паллă тунă хута сěтел çине хунă май.

— Ăçта ěçлетěр?—ыйтассě унтан.

— Заготзернора, механик.

— Льгота кирлě мар-и?

— Çук, кирлě мар.

— Мěнле çара кайма кăмăл тăватăр? Артиллери, авиаци, флот...

— Флота!—хаваслăн та татăклăн пěлтерет Портнов.

Ун хыççăн Иван Зубков комсомолец пырса тăчě.

— Мисе çул вěреннě?—ыйтассě çамрăкран.

— Сакăр,—хăй ыттисенчен сахалтарах вěреннěшěн вăтаннă пек сасăпа ответлет Зубков.

— Хăш çара каяс тетěр?

— Эпě шофер. Манăн танкист пулас килет.

А. Михайловăн пěчěк чухне ура сыппи сиккě пулнă. Вăл тахçанах тӳрленнě, ыратмасть. Уксахлани те сисěнмест. Анчах ăна çара илесшěн мар.

— Çěр çухрăм утсан та ыратмасть манăн ура. Илěр ěнтě,—йăлăнать Михайлов.

Çук, тем тěрлě йăлăнсан та илмессě ăна.

Тěлěнмелле-ӳсессě пирěн çамрăксем. Сывлăхěсем çирěп. Пурте çичě çултан кая мар вěреннě. Каччăсен мěнле те пулсан специальность пур. Моторист, механик, шофер, тракторист, комбайнер, токарь... техникăпа çыхăннă т. ыт. ěçсене те вěренме юратассě вěсем. Çавăнпа ěнтě вěсене хăйсем кăмăллакан чаçсене яма тăрăшассě.

Комиссие кěрсе тухакансене ашшěамăшěсем, тăванěсемпе тантăшěсем кěтсе тăрассě. Пěр хурарах çын усси вěçěсене пěтěркелесе каллě-маллě уткаласа çӳрет. Утсан-утсан чарăнса комисси ларакан алăк еннелле пăхса тăрать. Пӳлěмрен пěр çамрăк çын тухсан тӳрех ун умне пырса тăчě.

— Юрарăн-и?—çирěп сасăпа ыйтрě вăл.

— Юрарăм,—мăнаçлăн ответлет çамрăк çын.

— Мěнле çаçе?

— Артиллерист.

Усаллă çын çавăнтах ăна ыталаса чуптурě.

— Тавтапуç ывăлăм, ята ямарăн. Асаттӳ артиллерист пулса Перекопа илнě çěрте çапăçнă. Эпě хам та артиллерист пулса Сталинграда хӳтěленě, Берлина штурмланă. Эсě те артиллерист пулатăн иккен.

П. ЩИПЦОВ.

---

# Колхозниксем ěне туянаççě

ЧУРАЧĂК. СССР Верховнăй Совечěн пиллěкмěш сессийě тата КПСС Центральнăй Комитечěн сентябрьти пленумě йышăннă постановленисем партипе правительство совет çыннисен пурнăçне, вěсен культурăллă шайне ӳстерессишěн куллен тăрăшнине тепěр хут уççăн кăтартса пачěç. Колхозниксем хушăлăх налогě тӳлес тата выльăх-чěрлěх продукчěсем государствăна парас тěлěшпе пысăк çăмăллăхсем илчěç. Çакă ял çыннисен ěçри хастарлăхне ӳстерет. Халě колхозниксем выльăх-чěрлěх усрама, вěсенчен илекен тупăша ӳстерме тăрăшассě.

Ку таранччен ěнесěр пурăннă колхозниксем ěне туянассě.

Шурмасси ял Совечěнчи А. Васильев, Г. Семенов, А. Викторов, В. Фомин, И. Антонов тата ытти чылай колхозниксем ěнесем туянчěç. Ěне илес текен колхозниксем татах та нумай.

М. ЛАНДЫШ.

---

### Çěнě кěнеке

Чăваш АССР государство издательстви çак кунсенче С. Эльгер çырнă «Вунсаккăрмěш çул» ятлă 11 сыпăклă драмăллă поэмăна уйрăм кěнеке туса пичетлесе кăларчě. Кěнекере 190 стр., тиражě 4.000 экз., хакě 5 т. 35 пус.

# Чӑваш чӗлхинчи татса паман ыйтусем пирки

А. Иванов хӑйӗн статьинче чылай кирлӗ ыйтусем хускатнӑ, Н. Я. Марр йӑнӑшӗсенчен пирӗн чӗлхеҫӗсен мӗнле хӑтӑлмалли ҫинчен авӑн шухӑшсем каласа панӑ. Унӑн статьи тухнӑ хыҫҫӑн хаҫатра чылай статьясем пичетленчӗҫ. Ҫав статьясенче пуринче те сӑмах ытларах чӑваш чӗлхинчи падежсем пирки пырать. Пирӗн чӗлхеҫӗсем ку таранччен те чӑваш чӗлхинчи падежсем ҫинчен калакан ыйтӑва тӗплӗн ҫутатса параймасӑр. Эпӗ те хамӑн статьяра чӑваш чӗлхинчи падежсем ҫинче чарӑнса тӑрасшӑн.

С. Угандеев та, В. Антонов та, П. Яжейкин та хӑйсен статьисенче А. Иванов чӑваш чӗлхинче тӑву падежӗ ҫук тесе ӑнлантарнине килӗшменни ҫинчен ҫырса пӗлтерчӗҫ. Анчах В. Антоновпа С. Юшков пару падежӗпе тӑву падежне пӗрлештернине килӗшрӗҫ.

Чӑваш чӗлхинчи пару падежӗпе тӑву падежӗ хушшинче мӗнле уйрӑмлӑхсем пур?

Вӗсем хушшинчи чи пысӑк уйрӑмлӑх—пӗлтерӗшсем пӗр пек пулманнинче. Пару падежӗ хама-мӗне панине, тивнине, кирлине, ӑҫта каймине тата ытти те пӗлтерет. Тӑву падежӗ вара мӗн тунине, мӗн курнине-илтнине пӗлтерет.

Пару падежӗпе тӑву падежӗ акӑ тата мӗн пирки уйрӑлса тӑраҫҫӗ: тӑву падежӗнчи сӑмахсем тулли формӑллӑ та (аффикслӑ), кӗске формӑллӑ та (аффиксӑр) пулма пултараҫҫӗ. Тӗслӗхрен: «Эпӗ хулана каҫхине ҫитрӗм». Ҫак предложенири пару падежӗнчи «хулана» сӑмах аффикслӑ формӑра ҫеҫ тӑрать. Эпир «эпӗ хула каҫхине ҫитрӗм» тесе каламастпӑр. Анчах та «Эпӗ хула куртӑм» предложенири тӑву падежӗнчи «хула» сӑмах тулли формӑра та тӑма пултарать: «Эпӗ ҫак хулана курнӑ».

Тата кунта ҫакна та манса хӑвармалла мар: тӑву падежӗнчи сӑмахсем яланах куҫӑмлӑ глаголпа юнашар, пару падежӗнчи сӑмахсем вара куҫӑмлӑ глаголпа та, куҫӑмсӑр глаголпа та юнашар тӑма пултараҫҫӗ.

Ҫаксене пурне те шута илсе, эпир чӑваш чӗлхинче пару падежӗ те, тӑву падежӗ те уйрӑммӑн ҫӳреҫҫӗ, тесе йышӑнатпӑр.

А. Иванов юлташ хӑйӗн статьинче ят, аффиксӑр каманлӑх тата аффиксӑр тӑву падежӗсене пӗр падежа—тӗп падежа пӗрлештересси ҫинчен ҫырать. Вӑл ҫакӑн пек тӗслӗхсем илсе кӑтартнӑ: «пирӗн совет лайӑх ӗҫлет», «совет учрежденийӗсен ӗҫне лайӑхлатмалла», «совет организацийӗрӗҫ». Ун шухӑшӗпе ҫак предложенисенчи «совет» сӑмах тӗрлӗ падежра: малтанхи—ят падежӗнче, иккӗмӗшӗ — аффиксӑр каманлӑх падежӗнче, виҫҫӗмӗшӗ—аффиксӑр тӑву падежӗнче тӑраҫҫӗ, тесе вӗрентни ачасене нумай пӑтраштарать. «Тӗрӗссипе вӗсем пурте пӗр падежра тӑраҫҫӗ, ӑна тӗп падеж теҫҫӗ»,—тесе ҫырать А. Иванов. В. Антоновпа С. Юшков унпа килӗшрӗҫ. Килӗшмелле-и ҫак шухӑшпа?

Паллах, форми енчен ят падежӗнче, аффиксӑр каманлӑх падежӗнче, аффиксӑр тӑву падежӗнче тӑракан сӑмахсем пӗр-пӗринчен уйрӑлса тӑмаҫҫӗ. Анчах та ку пире вӗсене пӗр падежа пӗрлештерме май памасть: ят падежӗнче тӑракан сӑмах предложенире подлежащи (субъект), аффиксӑр каманлӑх падежӗнче тӑракан сӑмах определени (атрибут), аффиксӑр тӑву падежӗнче тӑракан сӑмах дополнени (объект) пулаҫҫӗ. Вара ӑҫтан-ха ҫав падежсенче тӑракан сӑмахсем пӗр падежра тӑма пултарччӑр? Формӑна пӑхсан «эпӗ паян лайӑх кино куртӑм», «учитель пирӗнпе лайӑх калаҫать» предложенисенчи «лайӑх» сӑмаха та пӗр пуплев пайне кӗртмелле. Анчах та кун пек туни эпир формӑна содержанирен уйӑрнине пӗлтернӗ пулӗччӗ. Ҫапла вара, эпӗ А. Иванов ят падежне, аффиксӑр каманлӑх падежне, аффиксӑр тӑву падежне пӗр падежа—тӗп падежа пӗрлештермелле тенипе килӗшме пултараймастӑп.

Пирӗн умма ҫакӑн пек ыйту тухса тӑрать: мӗншӗн ят падежӗнчи, аффиксӑр каманлӑх падежӗнчи, аффиксӑр тӑву падежӗнчи сӑмахсем пӗр пек формӑпа, аффиксӑр ҫӳреҫҫӗ? Ҫак ыйту ҫине тӗрӗс ответ парас тесен ят, аффиксӑр каманлӑх, аффиксӑр тӑву падежӗсене истори енчен тишкӗрмелле. Чӗлхе аталанӑвӗн малтанхи тапхӑрӗсенче, хальхи вӑхӑтри пек, тӗрлӗрен падеж формисем пулман. Сӑмахсем ун чухне пӗр-пӗринчен предложенири вырӑнӗсемпе уйрӑлса тӑнӑ. Пурӑна-киле, производство техники аталанса пынӑ май, ят, аффиксӑр каманлӑх, аффиксӑр тӑву падежӗсен формисем аталанма пуҫлаҫҫӗ. Анчах та чӗлхе майӗпен аталанса пырать, унӑн кивӗ элеменчӗсем сасартӑк пӗтсе лармаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех авал падежсен формисем пулманни те чӗлхере хӑйӗн йӗрне тӳрех ҫухатмасть, вӑл хальхи вӑхӑтра та палӑрать; ят, аффиксӑр каманлӑх, аффиксӑр тӑву падежӗсенче тӑракан сӑмахсем хӑйсен формисене пӗр-пӗринчен нимӗнпе те уйӑрса тӑмаҫҫӗ. Хӑшпӗр чухне ҫак явлени ытти падежсенче те палӑрать: мунча кӗр (пар. п., «мунчана кӗр» вырӑнне), кӗр карта! (пар. п., ҫак сӑмахсене витене выльӑх-чӗрлӗхе хӑваласа кӗртеҫҫӗ, «кӗр картана» вырӑнне), хӗрсем улах лараҫҫӗ (вырӑн п., «хӗрсем улахра лараҫҫӗ» вырӑнне).

Сӑте каланисенчен ҫакӑ тухса тӑрать: аффиксӑр каманлӑх, аффиксӑр тӑву падежӗсенче тӑракан сӑмахсем хӑйсен формине тупма ӗлкӗреймен, ҫавӑнпа та вӗсем пуҫламӑш ят формипе ҫӳреҫҫӗ. Анчах та ҫакӑ сӑте асӑннӑ пӗр пек формӑллӑ сӑмахсене пӗр падежа кӗртесси майӗ пӗртте каламасть, вӗтӗмпех урӑхла, вӗсем уйрӑм падежсенче тӑнине кӑтартса парать.

«Учебникра кӑтартнӑ падежсемсӗр пусне, чӑваш чӗлхинче тата тӗллев падежӗпе сулӑх падежӗ пур»,—тесе ҫырать А. Иванов. В. Антоновпа П. Яжейкин юлташсем вара ҫак падежсене йышӑнасшӑн мар. С. Угандеев тӗллев падежне ҫеҫ йышӑнасшӑн, сулӑх падежне йышӑнасшӑн мар. В. Антонов ҫак ыйту ҫине методика енчен ҫеҫ пӑхать: чӑваш чӗлхине ҫак падежсене кӗртсессен те, чӗлхене вӗреннӗ чух нимӗнле йывӑрлӑхсем те пулмаҫҫӗ, тесе ҫырать. Анчах та чӗлхе ҫине пӗр методика енчен ҫеҫ пӑхни ҫителӗксӗр, ҫав вӑхӑтрах ун ҫине наука енчен те (унӑн аталанӑвӗ енчен) пӑхмалла, чӗлхери халиччен палӑрман фактсене сӑнаса асӑрхамалла. П. Яжейкин вара падежсен хисепне ӳстернӗшӗн А. Иванов ҫине хытах кӳренет. Вӑл грамматикӑна ҫирӗпленсе кӗрсе юлнӑ падежсен хисепне ӳстерессшӗн мар. Сӑмла вара, унӑн сӑмахӗсем акӑ мӗнле шухӑш патне илсе пыраҫҫӗ: грамматика авал мӗнле пулнӑ, халӗ те ҫавӑн пекех, е, урӑхла каласан, вӑл пӗртте улшӑнмасть. Манӑн П. Яжейкин юлташа И. В. Сталинӑн «Марксизм тата чӗлхе вӗрентӗвӗн ыйтӑвӗсем» ятлӑ ӗҫне тепӗр хут вуласа тухма сӗнес килет.

Чӑваш чӗлхинче сулӑхпа тӗллев падежӗсем пуррипе ҫуккине пӗлес тесен, малтан ҫак ыйту ҫине ответ памалла: «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсем ытларах мӗнле грамматикӑлла категорине—падеж аффиксӗсене е хыҫҫӑмахсене—сывӑх тӑраҫҫӗ?

Стабильнӑй учебник «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсене хыҫҫӑмахсен шутне кӗртет, вӗсем хушӑннипе пулнӑ «колхозшӑн», «халӑхшӑн», «юлташсӑр», «ӗнесӗр» пек сӑмахсене хыҫҫӑмахлӑ ялала ячӗсем тесе вӗрентет. Анчах та, ман шутпа, «сӑр-сӗр», «шӑн-шӗн» сӑмах пайӗсене халӗ аффикссем тесе йышӑнсан та йӑнӑш пулмасть. Акӑ мӗншӗн. Авалах ҫак «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсен хӑйсен пӗлтерӗшӗ пулнӑ, ҫавӑнпа та ун чухне вӗсене аффикссем теме май килмен. Эпир халӗ, ҫак «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсене уйрӑммӑн илсен, вӗсем хӑйсен пӗлтерӗшне ҫухатнине куратпӑр. Чӑнах та, эпир пӗр-пӗр ҫынна «сӑр» е «шӑн» тесен, мӗн ӑнлантӑр-ха вӑл? «Валли», «ҫийӗнче», «умӗнче», «айӗнче» пек хыҫҫӑмахсене эпир уйрӑммӑн илсен те ӑнланатпӑр, ҫавӑнпа та вӗсем, хыҫҫӑмахсем пулнисӑр пусне, урӑх нимӗнле грамматикӑлла категори шутне те кӗмеҫҫӗ. Анчах та «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсем ҫинчен кун пек калама пултараймастпӑр: вӗсем падеж аффиксӗсем те пулаҫҫӗ. «Шӑн-шӗн» аффикссем йышӑннӑ ят сӑмахсем предложенире дополнени пулаҫҫӗ (кун пирки А. Иванов хӑйӗн статьинче аван палӑртса хӑварнӑччӗ), апла пулсан, вӗсем мӗнле те пулин падежра тӑмаллах.

Сулӑх падежӗ пирки ҫакна каласа хӑвармалла: «сӑр-сӗр» аффикслӑ сӑмахсем предложенире е дополнени е определени пулаҫҫӗ, анчах та, С. Угандеев калашле, нихӑҫан та обстоятельство пулмаҫҫӗ. «Эпир ҫӗре тракторсӑр сухаламастпӑр» предложенири «тракторсӑр» пек сӑмахсене «мӗнле?» ыйту мар, «мӗнсӗр?» ыйту тивӗҫлӗ, вӗсем предложенире дополнени пулаҫҫӗ. Ҫавӑн пек сӑмахсем, предложенире дополнени пулса, сулӑх падежӗнче тӑраҫҫӗ.

Тӗслӗхсем: «Совет ҫамрӑкӗсем Тӑван ҫӗршывшӑн (тӗллев п.) пуҫӗсене хума та хатӗр». «Корея халӑхӗ виҫӗ ҫул хушши ирӗклӗхшӗн (тӗллев п.) мӗншур вӑйне хурса кӗрешни сая каймарӗ».

Юлашкинчен ҫакна каламалла: «шӑн-шӗн», «сӑр-сӗр» сӑмах пайӗсем малтан пӗр хыҫҫӑмахсен пӗлтерӗшӗпе ҫеҫ ҫӳренипе, кайрантарах ҫеҫ, ят сӑмахсемпе пӗрлешсе, аффикс пулнипе сулӑх тата тӗллев падежӗсем, ытти падежсем те, нумай пӗлтерӗшлӗ пулма ӗлкӗреймен.

С. Угандеевпа П. Яжейкин хӑйсен статьисенче «пур» тата «ҫук» сӑмахсем ҫинче чарӑнса тӑнӑ. П. Яжейкин юлташ «пур» тата «ҫук» сӑмахсене икӗлӗшне те татӑксем тесе шутлать. Анчах та П. Яжейкин шухӑшӗ хӑшпӗр енчен тӗрӗс мар: «ҫук» сӑмах яланах татӑк пулмасть, сӑмахран, вӑл предложенире сказуемӑй пулсан, ӑна татӑксен шутне кӗртме май ҫук. Тӗслӗхрен: манӑн ку кӗнеке ҫук. Вулакансем ыйтма пултараҫҫӗ: «ҫук» сӑмаха, вӑл предложенири сказуемӑй пулсан, мӗнле пуплев пайне кӗртмелле? Пирӗн чӑваш чӗлхинче пурӗ вунӑ пуплев пайӗ, «ҫук» сӑмах вара нихӑш пуплев пайне те кӗмест. Ун пек сӑмахсем вырӑс чӗлхинче те пур. Тӗслӗхрен, «нужно», «больно» пек сӑмахсем вырӑс чӗлхинчи учебникра кӑтартнӑ нихӑш пуплев пайне те кӗмеҫҫӗ, вӗсене чӗлхеҫӗсем «категория состояния» текен ҫӗнӗ пуплев пайне кӗртеҫҫӗ. Тен, чӑваш чӗлхинчи «ҫук», «пур» сӑмахсем те хӑйсене уйрӑм пуплев пайӗ тӑвӗҫ, анчах та ун ҫинчен чӗлхеҫӗсем шарламаҫҫӗ-ха.

Тата ҫакна палӑртса хӑвармалла: ҫӳлте асӑннӑ виҫӗ статья та методикӑлла характерлӑ. Авторсем чӑваш чӗлхинчи тавлашуллӑ ыйтусем ҫине наука енчен мар, ытларах методика енчен пӑхаҫҫӗ. Сӑмахран, чӑваш чӗлхине пӗр-пӗр категори кӗртсен, вӑл ачасемшӗн чӑваш чӗлхине вӗренме йывӑрлӑхсем кӳресрен хӑраҫҫӗ тата ытти те. Анчах та чӗлхе ҫине кун пек пӑхни питӗ ҫителӗксӗр, ҫав вӑхӑтрах чӗлхене унӑн аталанӑвӗсем енчен те тишкӗрмелле.

**А. ГОРШКОВ,**
Чӑвашгиз редакторӗ.

## Чехословакире В. И. Ленин Сочиненийӗсен пиллӗкмӗш томне пичетлесе кӑларнӑ

Чехословакири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Чехословакири политикӑлла литературӑн государство издательстви В. И. Ленин Сочиненийӗсен пиллӗкмӗш томне пичетлесе кӑларнӑ. Кӗнеке тиражӗ—80 пин экземпляр. (ТАСС).

## Албанипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх уйӑхлӑхӗ

ТИРАНА, сентябрӗн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Албанири телеграф агентстви паян Албанипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх уйӑхлӑхӗ вӗҫленни ҫинчен пӗлтерет. Уйӑхлӑх Албани халӑхӗпе Совет Союзӗнчи халӑхсем хушшинчи туслӑха ӳссӗн кӑтартса панӑ. Ҫӗршывра Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем коммунизм обществи тӑвас ӗҫре тунӑ ҫитӗнӳсемпе Албани халӑхне паллаштарас тӗлӗшпе политикӑлла тата культурӑлла ӗҫе анлӑн сарнӑ. Уйӑхлӑх вӑхӑтӗнче 44 митинг ирттернӗ. Митингсенче 156.900 ҫын пулнӑ. Ҫак вӑхӑт хушшинчех Совет Союзӗ ҫинчен 3.500 лекци ирттернӗ. Лекцисене 220.000 ҫын ытла итленӗ. Кунсӑр пусне совет рабочийӗсен ӗҫ опычӗ ҫинчен 300 ытла консультаци ирттернӗ, 721 фотовыставка уҫнӑ, 600 яхӑн литература каҫӗсем пулса иртнӗ, 125 хутчен спектакльсем кӑтартнӑ, вырӑс чӗлхине вӗренме ҫӗнӗрен курссем уҫнӑ.

Уйӑхлӑх вӑхӑтӗнче Албание совет культурин деятелӗсемпе совет артисчӗсем пырса кайнӑ.

Хаҫатсем уйӑхлӑх итогӗ ҫинчен статьясем пичетлесе кӑларнӑ.

## Венгрире мир заемӗ кӑларнӑ

БУДАПЕШТ, сентябрӗн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Венгри Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗ мир ячӗпе 4-мӗш заем кӑларма постановлени йышӑннӑ. Ҫӗнӗ заема 1 миллиард форинт чухлӗ кӑларнӑ.

## Италири пир-авӑр промышленноҫӗнче ӗҫлекен рабочисен пӗтӗмӗшле забастовки

РИМ, сентябрӗн 29-мӗшӗ. (ТАСС). «Унита» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, сентябрӗн 29-мӗшӗнче пир-авӑр промышленноҫӗнче ӗҫлекен рабочисен 24 сехете пыракан забастовки пуҫланнӑ. Забастовкӑна 500 пин ҫынна яхӑн хутшӑннӑ.

Забастовка тӑвакан рабочисем ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатасси ҫинчен тӑракан ыйту тӑрӑх халех калаҫусем пуҫлама тата коллективлӑ договор условийӗсене пӑхса тухма ыйтаҫҫӗ.

## Франците коммунистсене хӗсӗрлеҫҫӗ

ПАРИЖ, сентябрӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат ҫапла пӗлтерет: Сена департаментӗнчи префект приказӗ тӑрӑх, Париж ҫывӑхӗнчи Орли хулинчи мэр заместительне Буадрон коммуниста пӗр уйӑхлӑха хӑйӗн ӗҫӗсене туса пыма чарнӑ. Буадрон август уйӑхӗнче, мэр ӗҫӗсене туса пынӑ вӑхӑтра, забастовка тӑвакан рабочисене пулӑшнӑ пирки ҫавӑн пек решени йышӑннӑ.

Хаҫат ҫавӑн пекех Иси-ле-Мулино хулинчи муниципальнӑй совет председательне Майе коммуниста, ҫавӑн пекех Сен-Дени мэрӗн заместительне Баррона вырӑнтан кӑларни ҫинчен пӗлтерет. Кунсӑр пуҫне шалти ӗҫсен министерстви Алес хулинчи муниципальнӑй совета салатса янӑ. Муниципальнӑй советра коммунистсем ытларах пулнӑ.

## Индири арестсем

ДЕЛИ, сентябрӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Сентябрӗн 28-мӗшӗнче Калькутта хулинче, рис хакӗ ытла та пысӑк пулнине хирӗҫ протестлесе, демонстраци ирттерме палӑртнӑ пулнӑ. Ҫак демонстрацие пухӑнма парас мар шутпа Калькутта хулинчи полици сентябрӗн 27-мӗшӗнче сулахай партисен деятелӗсене арестлеме тытӑннӑ.

«Инидан экспресс» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, сентябрӗн 27-мӗшӗнче кӑнтӑрла тӗлне пурӗ 125 ҫын арестленӗ. Вӗсем хушшинче — Коммунистсен партийӗнчен Хӗвеланӑҫ Бенгали штатӗнчи законсем йышӑнакан пухӑва суйланӑ 6 депутат.

Полици Калькутта, Хаур тата ытти хуласенче те сулахай организацисен ҫуртӑсенче, ҫавӑн пекех сулахай партисен деятелӗсен килӗсенче ухтарусем туса ирттернӗ.

## Египет премьер-министрӗ пулнӑ Ибрагим Абдель Хадине ҫакса вӗлермелле тунӑ

КАИР, октябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Египетра аслӑ сул органӗ пулса тӑракан «революцилле трибунал» Египет премьер-министрӗ пулнӑ Ибрагим Абдель Хадине ҫакса вӗлерме приговор йышӑннӑ. Унӑн пӗтӗм пурлӑхне туртса илеҫҫӗ.

Абдель Хадине тӑван ҫӗршыва хирӗҫ сутӑнчӑкла ӗҫ тунӑ тата влаҫпа усӑ курса, юрӑхсӑр ӗҫсем тунӑ, тесе айӑпланӑ.

Приговора «ертсе пыракан революцилле совет» ҫирӗплетмелле, анчах ҫак приговор пирки жалоба пама ҫук.

Демократиллӗ Корея Халӑх Республикинчи халӑх мирлӗ ӗҫе пикеннӗ. Фабрикӑсемпе заводсене, пурӑнмалли ҫуртсене, культурӑпа йӑла учрежденийӗсене юсаҫҫӗ. Чугун ҫул транспорчӗ ӗҫлеме пуҫланӑ. Водохранилищесен пӗвисене ҫӗнӗрен тӑваҫҫӗ. Республика столицине — Пхеньян хулине юсаса ҫӗнетмелли план туса ҫитернӗ.

УКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: геодезистсем Пхеньян хулин урамӗнче ӗҫлеҫҫӗ.

# Китай халӑхӗн уявӗ

## Пекинра пулса иртнӗ ҫар парачӗ тата демонстраци

ПЕКИН, октябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Китай халӑхӗ Китай Халӑх Республикине туса хунӑранпа тӑватӑ ҫул тултарнӑ куна савӑнӑҫлӑн уявларӗ.

Китай столицинчи предприятисемпе учрежденисем умне демонстрантсен колоннисем ирех пухӑнма пуҫланӑ. Вӗсем хӗрлӗ ялавсемпе Тяньаньмынь площадьне кайнӑ. Унта тӑватӑ ҫул каялла Мао Цзэдун Китай Халӑх Республикине туса хуни ҫинчен пӗлтернӗ. Китай Халӑх Республики Хӗвелтухӑҫӗнче мирпе хӑрушсӑрлӑхӑн ҫирӗп тӗревӗ пулса тӑчӗ.

Тяньаньмынь площадьне уяв ирттерме илемлетнӗ.

Ирӗклӗхшӗн кӗрешекен Китай Халӑх ҫарӗн салтакӗсем йӗркеленсе тӑнӑ. Вӗсем хыҫӗнче площадьре тата площадь патне пыракан урамсенче столицӑри ӗҫҫыннисен колоннисен хӗрлӗ ялавӗсем тинӗс хумӗ пек хумханаҫҫӗ.

Тӗп трибуна ҫинче тата унӑн айккинчи трибунӑсем ҫинче Китай халӑхӗн руководителӗсем—Центральнӑй Халӑх Правительствин, Китайри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн тата Государство Администраци Совечӗн членӗсем, демократиллӗ партисемпе обществӑлла организацисен руководителӗсем. Кунтах ҫӗршыври ятлӑ ҫынсем — промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансем, Халӑх ҫарӗн геройӗсем, Корейӑра ҫапӑҫнӑ Китай халӑх добровольцӗсем, ученӑйсем, культурӑпа искусство деятелӗсем. Китайра пурӑнакан тӗрлӗ халӑхсен представителӗсем хӑйсен ҫутӑ тумтирӗсемпе палӑрса тӑраҫҫӗ. Вӗсем столицӑна уяв ирттерме килнӗ. Трибунӑсем ҫинче дипломатиллӗ корпус членӗсем, ют ҫӗршывсенчен килнӗ хӑнасем.

Ирхине 10 сехет. Тӗп трибуна ҫине Председатель Мао Цзэ-дун тата унӑн заместителӗсем Лю Шао-ци, Сун Цзин-лин, Чжан Лань, Ли Цзи-шэнь, Гао Ган, Государство Администраци Совечӗн премьерӗ Чжоу Энь-лай, Центральнӑй халӑх правительствипе Китайри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗсем хӑпараҫҫӗ. Вӗсене алӑ ҫупса кӗтсе илеҫҫӗ.

Китай Халӑх Республикине туса хунӑранпа тӑватӑ ҫул тултарнӑ ятпа халӑх уявне Центральнӑй Халӑх Правительстви Совечӗн генеральнӑй секретарӗ Линь Бо-цзюй уҫать.

Китай Халӑх Республикин наци гимнӗ савӑнӑҫлӑн илтӗнсе каять. Артиллери тупӑсенчен персе салют парать.

Линь Бо-цзюй парад пуҫланни ҫинчен пӗлтерет. Хӗллехи дворец хапхинчен, автомашина ҫине тӑрса Китай Халӑх ҫарӗн главнокомандующийӗ Чжу Дэ тухать. Парад командующийӗнчен—Китай Халӑх ҫарӗн штаб начальникӗн заместителӗнчен Чжан Цзун-суньран рапорт илнӗ хыҫҫӑн Чжу Дэ ҫарсем умӗпе иртсе пырать, вӗсене уяв ячӗпе саламласа сывлӑх сунать. Кун хыҫҫӑн вӑл трибуна ҫине хӑпарать те ҫарсене панӑ приказа вуласа парать.

Кун хыҫҫӑн парад пуҫланать. Вӑл Китай халӑхӗн оборона хӑвачӗ ҫулленех вӑйланса пынине кӑтартнӑ. Китай Халӑх ҫарӗ Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнче тата пӗтӗм тӗнчере мире хӳтӗлес ӗҫе туса пырать.

Парад пулса иртнӗ хыҫҫӑн столицӑри ӗҫҫыннисен демонстрацийӗ пуҫланнӑ. Демонстраци темиҫе сехете пынӑ. Демонстрацие 400 пин ҫын ытла хутшӑннӑ.

Уяв кунӗнче демонстрацисем Китайри ытти хуласенче те пулса иртнӗ. Шанхайри демонстрацие миллион ҫын ытла хутшӑннӑ.

## Декабрӗн 20-мӗшӗ—Румыни Халӑх Республикин халӑх совечӗсен суйлав кунӗ

БУХАРЕСТ, октябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсенче Румыни Халӑх Республикин Аслӑ Наци пухӑвӗн президиумӗ йышӑннӑ указа пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак указ тӑрӑх 1953 ҫулхи декабрӗн 20-мӗшӗнче халӑх совечӗсене депутатсем суйлама палӑртнӑ.

Халӑх влаҫӗн вырӑнти органӗсен суйлавне пурне те тивӗҫ, пӗртан тата тӳрех суйламалли суйлав прави тӑрӑх вӑрттӑн сасӑласа ирттереҫҫӗ. Румыни Халӑх Республикинчи 18 ҫула ҫитнӗ пур гражданӗсем те мӗнле раса тата мӗнле наци ҫынни пулнине пӑхмасӑр, арҫынсем те, хӗрарӑмсем те, мӗнле тӗн тытнине, мӗн чухлӗ вӗреннине, мӗнле ӗҫпе пурӑннине тата ӑҫта пурӑннине пӑхмасӑр депутатсен суйлавне хутшӑнма пултараҫҫӗ.

## Тӗнчери шахмат турнирӗнче

ЦЮРИХ, сентябрӗн 30-мӗшӗ. (ТАСС). 17-мӗш вӑйӑ хыҫҫӑн халиччен хи пекех Смыслов юлташ малта пырать. Вӑл 10,5 очко илнӗ.

Вӑйӑн малтанхи пайӗ хыҫҫӑн вырӑнсене ҫакӑн пек пайланӑ:

Смыслов—9,5 очко, Бронштейнпа Решевский 8,5 очко, Найдорф—8, Болеславский, Петросян, Эйве—7,5-шер, Кереспа Тайманов—7-шер, Котов—6,5, Авербах, Геллер, Сабо, Глигорич—6-шар, Штальберг—3,5 очко илнӗ.

## Юнайтед Пресс агентстви Америкӑн 24-мӗш дивизине Корейӑна илсе пыни ҫинчен

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчӗ Токиоран пӗлтернӗ тӑрӑх, США-н Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнчи хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен командованийӗ ҫапла пӗлтернӗ: Корейӑра перемири тӑваччен маларах США-н Корейӑри хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене тата пӗр дивизи хушса ӳстернӗ. Июль уйӑхӗн пуҫламӑшӗнче Японирен Корейӑна 24-мӗш ҫуран ҫар дивизине вӑрттӑн илсе пынӑ. Ҫапла вара хальхи вӑхӑтра США-н Корейӑра 8 дивизи тӑрать.

## Эйзенхауэр пресс-конференцире калани

ВАШИНГТОН, октябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). США президенчӗ Эйзенхауэр ӗнер пресс-конференцире сӑмах каланӑ.

Совет Союзӗнче водородлӑ хӗҫпӑшал туни ҫинчен пӗлтернине аса илтерсе, корреспондентсенчен пӗри Эйзенхауэра вӑл ҫак ӗҫ ҫине мӗнле пӑхни ҫинчен каласа пама ыйтнӑ. Эйзенхауэр ҫапла каланӑ: СССР ҫак бомбӑна туни пирӗн правительствӑна ытти пур ӗҫсенчен те тӗплӗнрех сӑнаса пӗлме хушакан факт пулса тӑрать, тенӗ.

Эйзенхауэр ҫак ыйтӑва вӑл хӑй тата унӑн советникӗсем тӗплӗн вӗренни ҫинчен пӗлтернӗ.

Эйзенхауэр каллех ҫар ӗҫӗсем валли укҫа парассине ӳстерме кирли ҫинчен каланӑ.

## Плэттс Миллс Черчилль патне янӑ ҫыру

ЛОНДОН, сентябрӗн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Акгли хаҫачӗсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Англипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществин наци совечӗн председателӗ Дж. Плэттс Миллс премьер-министр Черчилль патне тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва сӳнӗлатас тӗлӗшпе кирлӗ ӗҫсем тума чӗнсе ҫыру янӑ. Плэттс Миллс Англипе Совет Союзӗ хушшинче туслӑх ҫинчен тунӑ договор пуррине аса илтерет. Ҫак договор тӑрӑх пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑну тытнӑ никӗс ҫинче пӗрле ӗҫлемелле.

## Шупашкар хула Совечӗн сессийӗ

Сентябрӗн 29-мӗшӗнче ӗҫҫынни депутачӗсен Шупашкар хула Совечӗн улттӑмӗш сессийӗ пулчӗ.

Сессире хулан 1953 ҫулхи бюджечӗ ҫинчен тата 1952 ҫулхи бюджет мӗнле пурнӑҫланни ҫинчен хула исполкомӗн финанс пайӗн заведующийӗ **Е. Тарасова** депутат доклад, хула Совечӗн бюджетпа финанс енӗпе ӗҫлекен яланхи комиссийӗн председателӗ **П. Денисов** депутат содоклад туса пачӗҫ. Пренире 8 ҫын тухса каларӗ.

Хулан 1952 ҫулхи бюджечӗн тупӑшсем—22.516,2 пин тенкӗ, расхочӗсем—20.414,8 пин тенкӗ пулнӑ. Бюджета тупӑшсем енӗпе 108,5 процент, расходсем енӗпе 98,3 процент пурнӑҫланӑ.

Хулан 1953 ҫулхи бюджетӗнче 23.719,9 пин тенкӗ, пӗлтӗрхинчен 2.963,5 пин тенкӗ ытларах пулать. Ҫав шутран Сосновка поселокӗн бюджетӗнче 2.201,8 пин, Чапаевски поселок бюджетӗнче 1.368,8 пин тенкӗ пулмалла. Кӑҫал социализмла хуҫалӑхран бюджета, пӗлтӗрхипе танлаштарсан, 56,3 процент ытларах укҫа пухӑнмалла. Ҫав вӑхӑтрах бюджета халӑхран тӗрлӗ тӳлевсем енӗпе пухӑнмалли укҫа хисепӗ нумай чакать. Государство заемӗн укҫи пӗлтӗрхинчен 51,5 процент сахалтарах пухӑнмалла.

Кӑҫалхи бюджетри укҫа-тенкӗн 92 процентне социаллӑ-культурӑлла ӗҫсем валли, коммунальнӑй хуҫалӑха вӑйлатма тата хулана лайӑхлатса илемлетме параҫҫӗ.

Доклад тӑвакансемпе пренире тухса калакансем хула бюджетне пурнӑҫлас ӗҫри ҫитменлӗхсене палӑртрӗҫ. Уйрӑм предприятисенче укҫа-тенкӗпе чӗртавара перекетлессишӗн, ассортиментра палӑртнӑ япаласене пурне те туса кӑларассишӗн, продукци пахалӑхӗшӗн, унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн ҫителӗклӗ тӑрӑшмаҫҫӗ. Хула промкомбиначӗ кӑҫалхи сакӑр уйӑх хушшинче производство планне 96,8 процент пурнӑҫланӑ, [illegible] юсакан мастерской плана 38 [illegible]; тумтире химилле майпа тас[illegible] мастерской 14 процент, ҫӑмата [illegible]малли плана 62,2 процент ҫеҫ тултарнӑ. «Парат», «30 лет комсомола», «Красный мебельщик» артельсем те производство планне тултарайман.

Шупашкарти автотранспорт кантурӗ грузсем турттармалли тата пассажирсем илсе ҫӳремелли плана сакӑр уйӑх хушшинче 92,8 процент, ҫав шутран таксомоторсемпе турттармалли задание 80 процент тултарнӑ. Ҫапла вара бюджета тивӗҫлӗ укҫана чылай парайман.

Хулари суту-илӳ ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене Денисов депутат хӑйӗн содокладӗнче хытӑ критиклерӗ. Таварсем кӳрсе килнӗ чухне суту-илӳ организацийӗсем халӑх мӗнле япаласем туянасшӑн пулнине шута илмеҫҫӗ. Ҫавӑн пирки кайман таварсем нумай пухӑнаҫҫӗ.

Пренире тухса калакансенчен нумайӑшӗ хулара строительство ӗҫӗсем япӑх тӑнине, капитальнӑй ӗҫсем валли панӑ укҫатенкӗ усӑ курмасӑр юлнине палӑртрӗҫ. Пурӑнмалли ҫуртсене, культурӑпа йӑла учрежденийӗсене юсас ӗҫсем вӑраххӑн пулса пыраҫҫӗ.

**П. Дмитриев** депутат (Чапаевски поселок) хула Совечӗн исполкомӗ пурӑнмалли ҫуртсене сыхласа усрама тӑрӑшманни, ҫуртсем юсакан тата тӑвакан кантур япӑх ӗҫлени ҫинчен каларӗ.

Сосновкӑри 5-мӗш ача яслин заведующийӗ **А. Бутыльченко** депутат ача сачӗсемпе яслисене тытса тӑма укҫа ҫителӗклӗ пама, вӗсем валли музыка инструменчӗсем туянма кирли ҫинчен каларӗ.

Хулари ҫуртсем юсакан кантур ӗҫӗнчи ҫитменлӗхӗсене палӑртса, **Ф. Суслин** депутат ҫав кантурӑн ӗҫне лайӑхлатма мерӑсем йышӑнма ыйтать.

Пренире ҫавӑн пекех **И. Куприянов, А. Шорникова, Д. Полукаров, М. Степанов, А. Старостин** депутатсем тухса каларӗҫ.

Сесси Шупашкар хулин 1953 ҫулхи бюджетне ҫирӗплетрӗ.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

### КИНО

«УДАРНИК»—октябрӗн 3-мӗшӗнче ҫӗнӗ илемлӗ фильм «Над Неманом рассвет». Сеанссем пуҫланаҫҫӗ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м., 22 с. 15 м.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09372 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20,000 экз.